ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 1
ВЫРСАРНИКУН
№ 42 (8951)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа пырасси— Советсен пысăк та ответлă ĕçĕ

Кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче вырăнти Советсен суйлавĕ пулчĕ. Суйлав пĕтĕм халăхăн чаплă уявĕ пек иртрĕ. Пур хуласемпе ялсенче те ĕççыннисен политикăллă пурнăçри тата ĕçри активлăхĕ пысăк пулни палăрчĕ. Суйлав кунĕнче пирĕн республикăри суйлавçăсенчен 99,96 процентĕ сасăлама хутшăнчĕ. Сасăлама хутшăннă мĕнпур суйлавçăсенчен 98,09 проценчĕ коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăларĕç. Ĕççынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйланă депутатсем пурте—коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсем.

Суйлав кунĕнче совет çыннисем хăйсен моралле-политикăллă пĕрлĕхне, социализмлă Тăван çĕршыва чун-чĕререн парăннине, коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра, аслă та ăслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ тавра таччăн пĕтĕçсе тăнине çĕнĕрен кăтартса пачĕç.

Суйлав кампанийĕ пынă вăхăтра ĕççыннисем хăйсен пухăвĕсенче вырăнти Советсен ĕçне тĕплĕн тишкĕрсе тухрĕç. Вĕсем, Советсен ĕçне хакланă чухне, Совет тата депутатсем коммунистсен партийĕн политикине пурнăçлас ĕçе мĕнле организацилесе пынине, хуçалăхпа культура строительствин задачисене, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас ыйтусене ăнăçлă татса пама пултарнине шута илчĕç; Советсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене, йăнăшсене, йĕркесĕрлĕхсене, вĕсене пĕтермелли майсене палăртрĕç; çитĕнӳсемпе лăпланса ларас йăлана, бюрократизма, ĕçсене вăхăтра татса паманнине хытă сивлерĕç. Сăвăнпа пĕрлех, вĕсем Советсен ĕçне лайăхлатма наказсемпе сĕнӳсем нумай пачĕç.

Ĕççыннисем Советсемпе депутатсене мĕнле наказсем пачĕç-ха? Суйлавçăсем Советсемпе депутатсене анлă массăсемпе тытакан çыхăнăва çирĕплетсе пыма, халăх мĕн каланине, аялтан килекен критикăна тимлесе итлеме, халăх шухăшĕмĕтне пурнăçлассишĕн хытă тăрăшма наказ пачĕç. Ĕççыннисем депутатсене чăнлăхшăн тăма, тӳрĕ кăмăллă пулма, хамăр халăха Ленин мĕнле юратнă, Сталин мĕнле юратать, çавăн пекех юратма, халăх ĕçне чыслăн пурнăçласа пыма хушрĕç. Суйлавçăсем депутатсене вĕсем халăх тарçи пулни çинчен аслă Сталин каласа панă сăмахсене çĕнĕрен аса илтерчĕç. Совет халăхĕ хăйĕн власть органĕсене суйланнă çынсене коммунистсен партийĕн политикине çине тăрса тата пĕтĕм вăй хурса пурнăçласа пыма наказ пачĕ.

Ĕççыннисем Советсене суйланă депутатсене пирĕн çĕршыв капитализмла йĕри-тавралăхра пулнине, прогрессивлă этемлĕхĕн тăшманĕсем, тĕнчен çĕнĕ вăрçине пуçарма тăрăшакан империалистсем пирĕн çĕршыва хăйсен шпионĕсемпе диверсанчĕсене яма, пирĕн çĕршывăн экономика тата çар тĕлĕшĕнчи хăватне хавшатма хăтланнине яланах асра тытма, политикăллă тимсĕрлĕхе тата çăвара карса ларас йăлана хирĕç татăклăн кĕрешме, массăсен революциллĕ сыхăлăхне пĕрмаях ӳстерсе пыма хушрĕç. Суйлавçăсем Совет Çарне, Тинĕс-Çар Флотне тата разведка органĕсене пур майсемпе те çирĕплетсе пыма кирли çинчен каларĕç.

Çавăнпа пĕрлех ĕççыннисем вырăнти Советсен кулленхи практикăллă ĕçĕсем пирки те хăйсен шухăшĕсене уçăмлă каласа пачĕç. Суйлавçăсем вырăнти Советсене предприятисем пĕр тикĕс ĕçлемелле тăвас, продукци туса кăларассине ӳстерес, продукци пахалăхне лайăхлатас тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетес пирки паха сĕнӳсем пачĕç. Суйлавçăсем Советсене колхозсене тĕреклетес, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатас тата унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçсене лайăхрах организацилесе пыма, çĕнĕ шкулсемпе больницăсем лартма, киввисене юсаттарма, çул-йĕрсемпе кĕперсене юсавлă тытса усрама наказсем пачĕç.

Суйлав умĕнхи пухусенче Шупашкарти ĕççыннисем хула Совечĕн Атăл леш енчи электростанцие ку чухнехи паха техникăпа вăйлатса предприятисене, учрежденисене, хулари халăха валли яланах кирлĕ чухлĕ электричество энергийĕ памалла тума кирли çинчен, çĕнĕ поселоксемпе урамсенче тротуарсем тумалли, йывăççем лартмалли, суту-илӳ магазинĕсемпе ларексем, столовăйсем уçмалли çинчен каларĕç. Кунпа пĕрлех, суйлавçăсем хула Советне больницăсене аслăлатма, вĕсенчи койкăсен шутне нумайлатма, шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатма мерăсем йышăнма хушрĕç. Транспорт ĕçне вăйлатма, автовокзалтан чугун çул станцине тата Чапаевски поселока çӳрекен автобуссен шутне, халăха Атăл урлă каçаракан пăрахутсен шутне нумайлатма, çăкăр пĕçерес ĕçе кирлĕ пек йĕркелеме кирлине палăртрĕç.

Калинино районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз членĕсем суйлав умĕнхи пухура Сăкăт ял Совечĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене хытă критикленĕ. Ку ял Совечĕн исполкомĕ хăйĕн ĕçне депутатсемпе активистсене çителĕксĕр явăçтарнă, суйлавçăсем 1950 çулта панă сĕнӳсемпе наказсене пурнăçлама сахал тăрăшнă. Ял Совечĕн яланлăха тунă ялхуçалăх комиссийĕ колхоз ĕçĕпе пĕртте интересленмен, хăйĕн ĕçĕ çинчен пачах манса кайнă пулнă. Колхозра уй-хир ĕçĕсем юлса пынă, фермăсен ĕçĕсем япăхнă. Ял Совечĕ укçа-тенкĕ пухас енĕпе те çителĕксĕр ĕçленĕ. Суйлавçăсем ял Совечĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме кирлине палăртнă, çĕнĕрен суйланă депутатсене колхоза вăйлатас, тырпул тухăçлăхне ӳстермелли тата выльăх ĕрчетмелли плансене тултарас, ĕççыннисене государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлама мобилизацилес тĕлĕшпе ытларах ĕçлеме хушнă.

Вырăнти Советсен ĕçĕсем нумай енлĕ. Суйлавçăсем кашни ĕç пирки хăйсен сĕнӳсемпе наказсем парса хăварчĕç. Наказсем — вырăнти Советсен практикăллă ĕçĕсен программи пулса тăраççĕ. Наказсемпе сĕнӳсенче хăш районта, хăш хулара, хăш ялта мĕн тумалли лайăх курăнса тăрать. Кашни район, хула, ял тата поселок Совечĕн суйлавçăсен пур наказĕсемпе сĕнĕвĕсене те шута илсе, вĕсене пĕтĕçтерес пулать. Хуçалăхăн пĕр-пĕр отраслĕ енĕпе е культура строительствинчи пĕр-пĕр ыйту тăрăх панă наказсемпе сĕнӳсене пĕтĕçтермелле. вĕсене райисполкомсемпе хула Совет исполкомĕсен пайĕсем тăрăх валеçмелле. Исполкомăн кашни пайĕ, кашни ял Совечĕ хăйĕн мĕн тумаллине лайăх пĕлсе тăтăр. Кашни ял Совечĕн исполкомĕнче наказсемпе сĕнӳсен списокĕ пултăр. Наказсене пĕтĕçтернĕ чухне хăш ĕçе хăçан тумаллине палăртса хурас пулать. Паха сĕнӳсене Советсен сессийĕсенче тата исполкомĕсенче сӳтсе явса, вĕсене пурнăçлас пирки конкретлă решенисем йышăнмалла.

Советсемпе вĕсен исполкомĕсем суйлавçăсен наказĕсене пурнăçа кĕртес ĕçе организацилеме тивĕçлĕ. Кунта çакна асра тытни кирлĕ: тĕрĕс те паха сĕнĕве пурнăçласси организациллĕ ĕçсенчен, хушнă ĕçе пурнăçланине тĕтăшах тĕрĕслесе тăнинчен килет. Вырăнти Советăн ĕçне яланхи комиссисене, депутатсене, активистсене анлă хутшăнтарни умра тăракан задачăсене, çав шутра наказсене те, ăнăçлă пурнăçлама май парать.

Советсен вăйĕ—вĕсем массăллă организацисем пулнинче. «Советсем вĕсем, — тесе çырнă И. В. Сталин 1926 çулта, — хулари тата ялти мĕнпур ĕççыннисен массăллă организацийĕ пулса тăраççĕ». Советсем ĕççыннисен хастарлăхне, пуçарулăхне, творчествăллă пултарулăхне вăйлатса пыма тивĕçлĕ

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсенчен вырăнти Советсем умне пысăк задачăсем тухса тăчĕç. Вĕсем ĕççыннисене сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарма тата иртгерсе тултарма мобилизацилесе пымалла. Вĕсем промышленноçа тата промысла кооперацине малалла аталантарассишĕн кĕрешмелле. Вырăнти Советсем ялхуçалăхне аталантарса пыма, МТС-сен ĕçне вăйлатма, ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕппĕн ĕçе кĕртсе пыма пур майсемпе те тăрăшмалла. Халăха вĕрентес тата сывлăха сыхлас ĕçсем енĕпе те Советсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшасси—Советсен чыслă обязанноçĕ.

Кашни депутата тата активистсене ĕçе хутшăнтарсан, исполкомсен ĕçĕсене тĕрĕс йĕркелесен, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех палăртма самокритикăпа аялтан килекен критикăна вăйлатса пырсан, умра тăракан ĕçсене тума массăсене мобилизацилесе пырсан, вырăнти Советсем хăйсен задачисене ăнăçлă пурнăçа кĕртĕç.

### „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларса тăракан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 5-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ. Номерте ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен нумай пулмасть пулса иртнĕ суйлавĕ çинчен «Совет халăхĕн никçан арканми пĕрлĕхĕ» ятлă умстатья пичетленнĕ. Кунсăр пуçне, агитаторсемпе пропагандистсене пулăшма пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ çинчен Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. А. Андреева юлташ çырнă статья тата «Джойнт» — Америка разведкин филиалĕ» ятлă статья пичетленнĕ.

# Çуракине тĕплĕн хатĕрленер!

### Пысăк тухăçлă кантăршăн

ЭЛĔК. «Динамо» колхоз иртнĕ çулта тĕштырăсен тата техникăллă культурăсен тухăçлăхне чылай ӳстерчĕ. Кантăра иртнĕ çулта 19 гектар çинче акса тунă. Вăл шутран çуррине халиччен кантăр акман вырăна акнă. Кантăр акмалли участоксене кĕркуннех палăртса, тислĕк тăкса тарăн сухаланă. Çуркунне иртерех сӳресе кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ тăкнă.

«Динамо» колхозпа пĕрлешиччен Смородино ялĕнчи колхозниксем туса илекен кантăрăн тупăшĕ питех те пĕчĕккĕ пулнă. Иртнĕ çулта, агротехникăллă ĕçсене вăхăтра пурнăçа кĕртсе пынипе, А. Васильев юлташ ертсе пыракан бригада ытти бригадăсенчен нумайрах кантăр туса илчĕ.

Государствăна кантăр вăрри тата пусапа кантăр сӳсĕ панăшăн колхоз 80 пин тенкĕ укçа, 276 центнер тулă, 445 килограмм кантăр çăвĕ, 1.360 килограмм турантă илнĕ. Урăхла каласан, кантăр акнă кашни гектартан колхоз 4.200 тенкĕ укçа, 90 пăт тулă, 23 килограмм кантăр çăвĕ, 5 пăт турантă илнĕ.

Колхозниксем халĕ партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене хавхаланса вĕренеççĕ. Вĕсем 1953 çулта тата пысăкрах тухăçлă кантăр туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Кантăр вырăнĕсем çине тăкма кĕркуннех тислĕке, фосфорит çăнăхĕпе хутшăнтарса купаласа хучĕç, кантăр калчине апат пама 45 центнер аммони сульфачĕ, 30 центнер хлорлă кали илсе килчĕç тата кайăк-кĕшĕк тислĕкĕпе кĕл пухса хатĕрлерĕç.

Çураки иртерме колхозăн 45 центнер кантăр вăрри пур. Вăрлăх таса тата лайăх шăтать.

А. МЕШКОВ.
А. ОРЛОВ.

### Колхоз председателĕсен семинарĕ

ШАХАСАН. Çак кунсенче районти колхоз председателĕсен семинарĕ пулса иртрĕ. Семинарта районти пур колхоз председателĕсем те пулчĕç. Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ А. Ефремов юлташ колхозсенче 1953 çулхи производствăллă плансене тăвасси çинчен, ялхуçалăх пайĕн главнăй зоотехникĕ Г. Степанова обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлесси тата выльăх апачĕсене тирпейлĕ тыткаласси çинчен докладсем туса пачĕç.

Çавăн пекех В. Чекмякова агроном пысăк тухăçлă кантăр акса тăвасси çинчен доклад туса пачĕ.

А. МАЛЬЦЕВ.

### Уй-хир ĕçĕсене тума хатĕр

ЕЛЧĔК. Ворошилов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи А. Михайловский юлташ ертсе пыракан 3-мĕш уй-хир бригади çуракине хатĕрленсе çитрĕ. Çураки валли паха та сортлă вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ. Культиваторсене, сеялкăсене, плугсене, сӳресене юсанă.

Бригадăри колхозниксем хĕллехи агротехникăллă мероприятисене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ. Уй-хире 2.000 лав ытла тислĕк кăларнă, кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ нумай пухнă.

Колхоза МТС пысăк пулăшу парать. МТС сортировкисемпе вăрлăхсене сортласа тасатнă. Кунсăр пуçне тракторсемпе минераллă удобренисем нумай кӳрсе килнĕ.

Бригадăри колхозниксемпе колхозницăсем тăпрара ытларах нӳрĕ тытса хăварма тăрăшаççĕ. Плотников, Чермаков тата Алюнов юлташсем пуçарнипе юр сухаламалли хатĕрсем тунă. Вĕсемпе куллен 10—15 гектар çинче юр тытма пулать.

Халĕ бригада çураки валли ĕç планĕ тума хатĕрленет. Çуракинчи ответлă участоксенче ĕçлеме бригадăри опытлă колхозниксене çирĕплетнĕ. Тĕслĕхрен, сеялкăпа акма, пĕлтĕрхи пекех, Скрипкин, Овчинников, Цыганов тата Алюнов юлташсене, культиваторпа ĕçлеме Михайловскипе Елисеев юлташсене уйăрнă.

Вăйлă тырпул туса илессишĕн пыракан социализмлă ăмăртăва хутшăнса, 3-мĕш уй-хир бригадинчи колхозниксем кашни гектартан 25 центнертан кая мар пĕрчĕллĕ культурăсем пухса кĕртме обязательство илнĕ.

«Колхоз ялавĕ».

* * *

ЧУРАЧĂК. Метикассинчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çуракине тĕплĕн хатĕрленеççĕ. Акмалли вăрлăхсене тасатса çитерне. Кĕрхи тырăсем акнă вырăнсенче тата кĕрхи çĕртме тунă вырăнсенче юр тытнă.

Колхозниксем хĕле кĕнĕренпе уя 5.180 лав тислĕк кăларнă, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ 146 центнер, кĕл 86 центнер пухса хатĕрленĕ.

Колхоз çулсеренех минераллă удобренисем нумай кӳрсе килет. Кăçал та 526 центнер суперфосфат, 180 центнер аммони сульфачĕ, 180 центнер хлор калийĕ кӳрсе килнĕ. Чылай колхозниксем агрокурсра вĕренеççĕ.

П. ВЛАДИМИРОВ.

### Çĕрпе тухăçлăрах усă курмалли май

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозри парторганизацин усă пухăвĕнче колхоз председателĕ Социализмлă Ĕç Геройĕ С. Коротков юлташ çĕрпе тухăçлăрах усă курас тесе панă сĕнӳсене пăхса тухрĕç.

Халĕ ĕнтĕ Сталин ячĕпе тăракан колхозăн пур бригадисем те вăйлă тырпул ӳстерме хăнăхса çитнĕ, колхозăн уй-хирĕсене çумкурăксенчен тасатас ĕçе те, тĕпрен илсен, пурнăçланă. Ку вăл колхоза малашне çĕрпе тухăçлăрах усă курма, çапла вара колхоз экономикине çĕнĕрен вăйлăн хăпартма май парать.

С. К. Коротков юлташ çакăн пек сĕнӳ панă: кăçалтан пуçласа колхозăн тырпул туса илмелли пусă çаврăнăшĕнче таса çĕртме пуссисем пулмалла мар. Таса çĕртме пуссисене (вунă уйлă пусă çаврăнăшĕнче вĕсем халиччен иккĕ пулнă) кăçал ир пулакан сортлă çĕрулми лартса тумалла. Çĕрулми туса илнĕ хыççăн, унта кăçал кĕркунне кĕрхи тырăсем акса хăвармалла. Çĕрулмие мĕнле те пулин сăлтава пула вăхăтра пухса кĕртеймен пирки кĕрхи тырăсене лайăх срокра акса хăварма ĕлкĕреймесен, колхоз таса çĕртме вырăнне çĕрулми акса тунă пусăна кĕрхи çĕртме туса хăварать, тепĕр çуркунне вара унта çурхи тулă акать.

— Колхозăн иртнĕ çулхи ĕçĕ,—тет С. К. Коротков юлташ,—çурхи тулă çĕрулми хыççăн та, нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн акса тунă пекех, пысăк тухăçлă ӳсме пултарнине кăтартса пачĕ Çавăнпа çурхи тулла çĕрулми хыççăн акассинчен хăраса тămалла мар.

Иртнĕ çулта Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз обществăллă выльăх-чĕрлĕхе тăрантарма 8 пин центнер тĕштырă расходланă. Таса çĕртме пуссисенче çĕрулми туса илнипе кăçал выльăх-чĕрлĕх апатне каякан тĕштырăн пĕр пайне перекетлесе хăварасшăн. Таса çĕртме вырăнне çĕрулми лартса туни выльăх-чĕрлĕх апачĕн никĕсне çирĕплетет, колхозăн тата колхозниксен тупăшне ӳстерет.

И. СТЕПАШКИН.

### Тырпул тухăçлăхĕшĕн тăрăшмаççĕ

ОКТЯБРЬСКИ. «Звезда» колхоз членĕсем иртнĕ çулта, агротехника правилисене пурнăçласа, пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕç. Сăмахран, Д. Тюменев юлташ ертсе пыракан 1-мĕш бригада кашни гектартан 17,9 центнер çурхи тулă, 211 центнер çĕрулми, И. Лаврентьев бригади кашни гектартан 20,8 центнер сĕлĕ пухса кĕртнĕ. Çакнашкалах пысăк тухăçлă тымарçимĕçсем çитĕнтернĕ, уйрăм участоксенчен 12-шер центнер хăмла пухнă.

Халĕ—колхозсенче çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлемелли вăхăт. Анчах районта çуракине хатĕрленес ĕçсем чăтма çук япăх пулса пыраççĕ. Уйрăмах «Дружба», «Новый быт», «1-ое мая», «Восток» тата Маяковский ячĕпе тăракан колхозсенче нимĕн те тумаççĕ. Вăрлăхсене сортлама тытăнманпа пĕрех. Вырăнти удобренисем хатĕрлесси, минераллă удобренисене кӳрсе килесси çинчен шухăшламаççĕ те. Сăмахран, «Восток» колхозра (председателĕ Соловьев юлташ) çураки валли уя 2.940 тонна тислĕк кăлармалла, халĕ пурĕ те 250 лав кăна кăларнă.

Çавăн пекех «Новая жизнь» колхозра та (председателĕ Ефимов юлташ), уя 4.020 тонна тислĕк кăлармалла пулсан, паянхи куна 700 лав кăна кăларнă. Çав вăхăтрах выльăх-чĕрлĕх витисем патĕнче виç-тăватă çулхи тислĕк купаланса выртать. «Чăваш обком», «Свобода», Молотов ячĕпе, Тимошенко ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан колхозсенче те тислĕк хатĕрлес ĕçе хаклаmaççĕ.

Минераллă удобренисене хакламанни те сисĕнет. Ку таранччен районти 25 колхоз хăйсене панă минераллă удобренисене турттарма тытăнман.

Районти ялхуçалăх пайĕ тăратнă сводкăсем тăрăх, колхозсенче вăрлăх фондне çителĕклĕ уйăрнă. Анчах хăшпĕр колхозсенче, сăмахран, «Новая жизнь» колхозра, 48 центнер пăрса, 27 центнер хуратул, 22 центнер кантăр вăрри, 23 центнер вика, 17,37 центнер клевер вăрлăхĕ çитмест. Кунсăр пуçне кунта вăрлăхсен пахалăхĕ те япăх.

Вăрлăхсене улăштарас ĕçе йĕркелемен. Вунă колхозра ялхуçалăх машинисене юсама тытăнман.

В. ТРОФИМОВ.

### Тырă тухăçлăхне ӳстерме

СОВЕТСКИ. «Самолет» колхозăн уй-хир бригадисем выльăх-чĕрлĕх витисенчен хире пин лав ытла тислĕк кăларса купаларĕç. Çĕре çемçетме вырăнти удобренисем нумай хатĕрленипе пĕрлех, минераллă удобренисем те кӳрсе килеççĕ. Пурĕ 40 центнер аммони сульфачĕ илсе килчĕç. Халĕ фосфорит çăнăхĕ турттараççĕ. Удобренисем хатĕрлеме панă задание кашни бригада иртгерсе тултарма тăрăшать.

Я. СИГАЕВ.

# Совет Союзĕ тăрăх

### Кара-Кума—шыв

АШХАБАД, февралĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ашхабад хыçĕнче, Копет-Даг сăрчĕсем еннелле каякан çул тăршшĕпе строительство площадки — «Каракумсельводстройăн» пулас хули вырнаçнă. Кунта пĕрин хыççăн тепри пурăнмалли çĕнĕ çуртсем ӳссе лараççĕ. Площадкăна стройматериалсемпе оборудовани тиенĕ машинăсем килсе тăраççĕ. Хулара туса лартнă электростанци ĕçлеме пуçланă. Йывăç каскалакан комбинат тума тытăннă, механически мастерскойсемпе складсем ĕçлеме тытăннă.

«Каракумсельводстрой» Ташаусра Туркменири тĕп каналăн шыв кĕртмелли системине тума тытăннă. Кунта базăсем тăваççĕ, предприятисем, çуртсем туса лартаççĕ.

«Каракумсельводстрой» коллективĕ умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Унăн Туркменири тĕп канал ĕçе кĕнĕ тĕле типĕ вырăнсене шыв кĕртмелли системăсене туса пĕтермелле.



Пысăк гидроузелсемпе каналсем тунă çĕрте ĕçлемелли техника çĕнелсех пырать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: çĕр чавмалли хăватлă çĕнĕ машина «Д-264». Унпа пысăк каналсем чавнă çĕрте ĕçлеççĕ.

Çĕр чавмалли çĕнĕ машинăн малти пайĕнче виçĕ метр сарлакăш плуг пур. Тăпран сухаланă сийĕ малтан пĕр транспортер çине, унтан—тепĕр транспортер çине куçать. Çапла вара чавса кăларнă тăпрана 45 метр аяккалла куçарса хураççĕ. Машинăна «С-80» текен виçĕ трактор туртса пыраççĕ. Вăл сехетре 1.500 кубометр тăпра чавса кăларать. Çĕнĕ машинăна халĕ Атăлпа Урал хушшинче канал чавнă çĕрте сăнаса пăхаççĕ.

А. МАКЛЕЦОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Çĕнĕ выставка

В. В. Маяковский музей-библиотекинче февралĕн 24-мĕшĕнче çĕнĕ выставка уçăлнă. Выставка пирĕн совет саманинчи чаплă та талантлă поэтăн пурнăçĕпе творчествине кăтартса парать.

Стендсенче Маяковскин ача чухнехи, вĕреннĕ чухнехи пурнăçне тата унăн революциллĕ ĕçне кăтартса паракан материалсем нумай. Унăн литературăри творчествине, вăл «Владимир Ильич Ленин», «Лайăх», «150 миллион» ятлă поэмăсене çырас тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине кăтартса панă.

Выставка поэт творчествинче Октябрьти Социализмлă Аслă революци пысăк вырăн йышăнса тăнине кăтартса парать.

Чылай стендсенче Маяковский произведенийĕсен коммунизмшăн, миршĕн кĕрешес ĕçри пĕлтерĕшне çутатса панă.

### Союзлă республикăсен искусствипе литературин Мускаври вунăкунлăхĕсем

Пирĕн Тăван çĕршыв столицинче — Мускавра союзлă тата автономиллĕ республикăсем искусствăпа литература вунăкунлăхĕсене ирттересси йăлана кĕчĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче Украина, Узбекистан, Таджикистан, Азербайджан, Туркмени, Латви, Эстони, Карело-Финн ССР-ĕсен тата ытти республикăсен культура деятелĕсем Мускавра творчествăллă отчет туса панă.

Мускав çыннисем тăванла республикăсен çыннисемпе тĕл пулни ленинла-сталинла наци политикин çĕнтерĕвне, пирĕн çĕршыври халăхсен çирĕп туслăхне кăтартса парать.

Кăçал Белоруссипе Литва литературипе искусствин вунăкунлăхне ирттерме палăртнă. Хăйсен творчествăллă пултарулăхне писательсем, артистсем, композиторсем, художниксем, пултарулăх коллективĕсем кăтартса парĕç.

Белорусси театрĕсем вунăкунлăхра кăтартма драма, опера тата балет спектаклĕсем хатĕрленĕ. Белорус ССР-ĕнче пулса иртнĕ пултарулăх коллективĕсемпе художниксен творчествăллă ĕçĕсен смотрĕсем искусствăн мĕнпур облаçĕсенче халăх таланчĕсем нихăçанхинчен ытла вăйланнине кăтартса параççĕ. Белорус художникĕсем Мускава юлашки çулсенче тунă çĕршер чи лайăх картинăсемпе скульптурăсем илсе килеççĕ. Писательсем çĕнĕ кĕнекесем илсе килеççĕ.

Вунăкунлăха хатĕрленес ĕç Литва ССР-ĕнче те вăйланса пырать. (ТАСС).

### Ĕнесем çулталăкĕпех сĕт нумай параççĕ

ГЛУШКОВО (Курск облаçĕ). Сталин ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем ĕнесем сĕт парассине çулленçул ӳстерсе пыраççĕ. Кунта хĕллехи вăхăтра та ĕнесем сĕт чакармаççĕ. Кăçалхи çул пуçланнăранпа, январь уйăхĕнче тата февральти 25 кун хушшинче, кашни ĕнерен 495 литр сĕт суса илнĕ.

Ĕнесем сĕт нумай пани вĕсене питĕ лайăх тăрантарса усранинчен килет. Хальхи вăхăтра ĕнесене клевер ути, силос тата выльăх кăшманĕ çителĕклĕ параççĕ. Утă-улăма вĕтетсе тата пăспа çемçетсе çитереççĕ. Ĕнесем ăшă витесенче тăраççĕ, вĕсене рацион тăрăх апат параççĕ, электричествăпа ĕçлекен аппаратсемпе талăкра виçĕ хутран кая мар сăваççĕ. Выльăхсене çуркунне те тата çуллахи вăхăтра та витесенчех усраççĕ. Çав вăхăтра выльăхсене симĕс курăк çулса çитереççĕ.

Иртнĕ çулта Сталин ячĕпе тăракан колхозра кашни ĕнерен 2.606 литр сĕт суса илнĕ. Колхозри фермăсенче ĕçлекенсем кăçал кашни ĕнерен 2.700-шер литр сĕт суса илме пулнă. (ТАСС).

### Кăнтăр енчи уй-хир ĕçĕсем

Таджикистанри айлăмлă вырăнсенчи тата сăрт-тусем çывăхĕнчи районсенчи колхозсем хĕрсех суртыррисем акаççĕ. Нумай ялхуçалăх артелĕсем, тырпул акмалли плана тултарнă хыççăн, планран иртгерсе акаççĕ. Республикăри Куйбышевски, Сталинабадски тата Дангарински районсенчи малта пыракан колхозсем планран иртгерсе 1.000 гектара яхăн суртыррисем акнă.

Арменире вăрман ӳстерме йывăççем лартма тытăннă. Кăçал 4.500 гектар çине вăрман ӳстерме йывăççем лартса хăвараççĕ.

Февралĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС).

## Съезд материалӗсене тӗплӗн вӗренмелле

КАЛИНИНО. КПСС райкомӗн ҫак кунсенче пулса иртнӗ пленумӗ «Трактор» колхозри тата Ермошкӑри 7 ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизацисем партин XIX-мӗш съезчӗн материалӗсене, И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ ӗҫне вӗренессине мӗнле йӗркелени ҫинчен сӳтсе ярӗ. Ку ыйтупа «Трактор» колхозри парторганизаци секретарӗ П. Васильев юлташ тата Ермошкӑри 7 ҫул вӗренмелли шкулти парторганизаци секретарӗ В. Осипов юлташ докладсем туса пачӗҫ.

Докладчиксемпе пренире тухса калакансем ҫакна палӑртрӗҫ: «Трактор» колхозри тата Ермошкӑри 7 ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизацисем партин XIX-мӗш съезчӗн материалӗсене, И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ генииллӗ произведенине вӗренес ӗҫре хӑшпӗр ӳсӗмсем тунӑ пулин те ҫитменлӗхсем те сахалах мар. «Трактор» колхозри парторганизаци съезд материалӗсене вӗренессине колхоз умӗнче тӑракан ӗҫсемпе ҫыхӑнтармасть. Колхоз Тӑван ҫӗршыв валли вӑрман хатӗрлесе парас, ҫуракине хатӗрленес тата ытти хӑшпӗр ӗҫсенче юлса пырать. Политшкул занятийӗсем вӑхӑтра пулса иртмеҫҫӗ. Хӑшпӗр вӗренекенсем занятисене сиктерсе ҫӳреҫҫӗ. Кашни занятие 14 ҫын пырас вырӑнне, 6—7 ҫын ҫеҫ ҫӳрет. Барановпа Аливанов юлташсем вӗренӳ ҫулӗ пуҫланнӑранпа 13-шер заняти сиктернӗ.

— КПСС райкомӗ, — тет докладчик П. Васильев, — пире вӗренӳре кирлӗ пулӑшӑва вӑхӑтра памасть. Съезд материалӗсене тӗплӗн вӗренме пулӑшас шутпа докладсемпе лекцисене ытларах иртерни кирлӗ. Анчах КПСС райкомӗн агитацие пропаганда пайӗнче ӗҫлекенсем политшкулсенче партин XIX-мӗш съезчӗн материалӗсене вӗренессине мӗнле йӗркелесе пынипе кирлӗ пек интересленмеҫҫӗ. Ку ыйтупа пирӗн патра райкомӑн пропагандисчӗсем докладсемпе лекцисем пачах та туса паман.

Уйрӑмах Ермошкӑри 7 ҫул вӗренмелли шкулти пуҫламӑш парторганизаци учительсен политикӑллӑ вӗренӗвне ҫителӗксӗр йӗркеленӗ. Пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ Осипов юлташ харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренекен учительсен ӗҫне тӗрӗслесе тӑман. Ҫакӑнпа усӑ курса, Яковлевӑпа Репина учительницӑсем вӗренме пӑрахнӑ. Пуҫламӑш парторганизацисем ӗҫсыннисем хушшинчи кулленхи агитацилле-массӑллӑ ӗҫе ҫителӗксӗр туса пыраҫҫӗ. Агитаторсемпе семинарсем сайра хутра ҫеҫ иртереҫҫӗ.

Пленум пуҫламӑш парторганизацисене партин XIX-мӗш съезчӗн материалӗсемпе Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ генииллӗ ӗҫне вӗренессине тата вӗсене ӗҫсыннисене ӑнлантарса парассине идея тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ шайра туса пыма хушрӗ.

П. КРАСНОВ.

## Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫри юрӑхсӑр меслете пӗтермелле

Советски районӗнчи колхозсем обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе ҫулсеренех ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта выльӑх-чӗрлӗх йышӗ 1951 ҫулта пулнӑ хисепрен чылай чакнӑ.

Ҫак пысӑк ҫитменлӗх ама выльӑхсен йышне ӳстерсе пырас, вӗсене лайӑх пӑхса усрас, вӑхӑтра чуптарса хӑварас, ҫамрӑк выльӑхсене тӗрӗс-тӗкел пӑхас тӗлӗшпе нумай колхозсем япӑх ӗҫленинчен килнӗ. Иртнӗ ҫулта вӑтамран кашни ҫӗр ама выльӑхран 84 пӑру, 74 путек, 59 тиха, кашни ама сыснаран 6 ҫура кӑна илнӗ. Уйрӑм колхозсенче унтан та сахалтарах пулнӑ. Сӑмахран, Киров ячӗпе тӑракан колхозра 154 сурӑхран пурӗ те 45 путек, Суворов ячӗпе тӑракан колхозра 217 сурӑхран 94 путек, «Правда» колхозра 118 сурӑхран 53 путек кӑна илсе пӑхса ӳстернӗ. Хӑшпӗр колхозсенче пӗр сысна аминчен 3—4 ҫура тата унтан та сахалтарах илнӗ.

Чылай колхозсенче ҫамрӑк выльӑхсене тӗрӗс-тӗкел пӑхса ӳстермен. Калинин ячӗпе, Суворов ячӗпе, Ильич ячӗпе, Шверник ячӗпе тӑракан колхозсенче сурӑхсем тата сыснасем чылай вилнӗ. Ҫамрӑк выльӑхсем вилессине кӑҫал та чарса лартман.

Ҫитӗннӗ выльӑхсене пӑхса усрас тӗлӗшпе те нумай колхозсенче пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Чапаев ячӗпе, Максим Горький ячӗпе, Маленков ячӗпе тӑракан колхозсенче сыснасем, Молотов ячӗпе, Киров ячӗпе тӑракан тата «Красное Сормово» колхозсенче сурӑхсем нумай вилнӗ. Ҫавӑн пекех чылай колхозсенче выльӑхсене вырӑнсӑр пусса тата сутса салатса пӗтернӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе ҫакӑн пек юрӑхсӑр, колхозсемпе государствӑшӑн сиенлӗ меслетпе ӗҫлесси чылайранпа пулса пырать. Анчах районти парти совет органӗсем ҫав фактсенчен тивӗҫлӗ выводсем туман. Выльӑхсен вилессине тата вӗсене вырӑнсӑр салатса пӗтерессине чарса лартас тӗлӗшпе мерӑсем йышӑнман. Вӑл халӗ те ҫавӑн пек пулса пырать. Колхоз руководителӗсем ҫултталӑк вӗҫне ҫитичченех плана тултармалӑх вӑхӑт пур-ха тесе, выльӑхсене ытларах салатса пӗтереҫҫӗ, государствӑна пама, пасарсене сутма планран иртерсе выльӑхсем усрас вырӑнне, фермӑсенче ялан пулма кирлӗ выльӑхсен хисепне чакараҫҫӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ питӗ пӗчӗккӗ. Иртнӗ ҫулта кашни ӗнерен пурӗ те 550 литр кӑна сӗт сусса илнӗ. Чылай колхозсенче унтан та сахал пулнӑ. Молотов ячӗпе тӑракан колхозра 392 литр, Ильич ячӗпе тӑракан колхозра 331 литр, Шверник ячӗпе тӑракан колхозра вара пурӗ те 261 литр кӑна сӗт сусса илнӗ. Кашни чӑхран 48-шар ҫӑмарта кӑна илнӗ.

Ҫӑм касса илмелли плана нумай тултарман.

Выльӑх-чӗрлӗхӗн тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ пулни ҫакӑнтан килет: выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫпе тырпул акса тӑвас ӗҫе пӗр-пӗринпе таччӑн ҫыхӑнтарса пымаҫҫӗ. Ҫавна пула нумай колхозсем обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх валли кирлӗ таран апат хатӗрлеймеҫҫӗ.

Выльӑхсем валли сӗтеклӗ апат хатӗрлемелли плана район ҫулсеренех тултармасть. Силос хывмалли плана тултарман. Тымарҫимӗҫ сахал акнӑ, ӑна та вӑхӑтра пухса кӗртмен.

Пусӑ ҫаврӑнӑшӗ тӑрӑх, кашни ҫулах колхозсенче нумай ҫул ӳсекен курӑксем нумай акса хӑвармалла. Анчах уйрӑм колхозсем клевер тата ытти курӑксем акмалли плана нихӑш ҫулта та тултармаҫҫӗ. Ялхуҫалӑх пайӗн работникӗсем вара, пӗтӗмӗшле цифрӑсемпе ӑпланса, плана кашни колхоз тӑрӑх тултарассишӗн кӗрешмеҫҫӗ. Улӑх-ҫарансене аванлатас енӗпе те юлашки ҫулсенче нимӗн те тумарӗҫ. МТС та ку тӗлӗшпе колхозсемпе тунӑ договора пурнӑҫламарӗ.

Выльӑх апачӗ хатӗрлес ӗҫре кӑҫал каллех пӗлтӗрхи йӑнӑша тӑваҫҫӗ. Ҫитес ҫуркунне акма нумай ҫул ӳсекен курӑк вӑрлӑхне 46,8 процент, пӗр ҫул ӳсекен курӑк вӑрлӑхне 44,1 процент ҫеҫ хатӗрленӗ. Чылай колхозсенче ку таранччен те вӑрлӑхлӑх клевера ҫапман. Тымар ҫимӗҫсемпе силослӑх культурӑсен вӑрлӑхне хатӗрлемен пӗрех.

Колхозсем кирлӗ чухлӗ утӑ хатӗрлемен. Уйрӑм колхозсенче утӑ сахал. Ҫак ҫитменлӗхе саплама халӗ арпа-улӑма тирпейлӗ тыткалани, ӑна выльӑхсене усӑллӑрах хатӗрлесе ҫитерни кирлӗ. Анчах ун пек тумаҫҫӗ. Нумай колхозсенче утӑ-улӑмсене ферма заведующийӗсене акт тӑрӑх паман. «За коммунизм», «Красный партизан», Киров ячӗпе тӑракан колхозсенче комбайн хыҫҫӑн юлнӑ улӑма ку таранччен хиртен пухса кӗртмен. Хӑшпӗр колхозсенче выльӑхсене апатне ура айне тата нимӗн вырӑнсӑр пӑрахса парса тӑкаклаҫҫӗ. Куйбышев ячӗпе, Хрущев ячӗпе тӑракан колхозсенче выльӑх апатне итем ҫинчен кама мӗн чухлӗ кирлӗ таранах киле йӑтаҫҫӗ.

Районти колхозсем выльӑх витисемпе тата сурт-йӗре хатӗрлесе ҫитермесӗр хӗле кӗнӗ. Уйрӑмах ҫамрӑк выльӑхсем валли ӑшӑ витесем ҫитмеҫҫӗ. Чылай колхоз витисене ӑтарласа тунӑ стандартлӑ витесем ҫук, малтан тунӑ кивӗ витесем кӑна. Вырӑнти материалсенчен витесем тума колхозсенче лайӑх майсем пур. Анчах ҫав майсемпе иртнӗ ҫулта питӗ сахал усӑ курчӗҫ. Унтан та ытларах, «Красный партизан», Ворошилов ячӗпе, Шверник ячӗпе тӑракан колхозсенче, государство вӑрман панӑ пулсан та, ҫӗнӗ витесем тумарӗҫ. Халӗ вара районти колхозсенче ҫӗнӗ витесем тӑвас, киввисене юсас, ҫитес строительство сезонне хатӗрленес тӗлӗшпе пачах ӗҫлемеҫҫӗ. Строительство бригадисене салатса янӑ.

Выльӑхсем валли апат пӗҫерсе хатӗрлеме, ҫамрӑк выльӑхсен витисене ӑшӑтма чылай колхозсенче вутӑ хатӗрлемен. Ильич ячӗпе, Калинин ячӗпе тӑракан тата «Красное Сормово» колхозсенче выльӑхсене шӑннӑ ҫӗрулми ҫитереҫҫӗ. Колхозсенче 28 кормозапарник пур, анчах вӗсемпе ҫителӗксӗр усӑ кураҫҫӗ. Суворов ячӗпе тӑракан колхозра кормозапарникӑн пайӗсене салатса пӗтернӗ. Улӑм вӗтетмелли машинӑсемпе сахал усӑ кураҫҫӗ. МТС дирекцийӗ колхозсене улӑм вӗтетме пулӑшмасть. МТС руководителӗсем фермӑсенчи йывӑр ӗҫсене механизацилес тӗлӗшпе пуҫарулӑх кӑтартмаҫҫӗ. Ҫак ӗҫре вырӑнти майсемпе те усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ.

Чылай колхозсенче выльӑх-чӗрлӗх фермисенче кадрсем ҫитмеҫҫӗ. Калинин ячӗпе, Хрущев ячӗпе тӑракан колхозсенче фермӑра ӗҫлекенсем пӗрмаях улшӑнса тӑраҫҫӗ. Ӗҫре обезличкӑна пӗтермен. Зоотехникӑна вӗренмелли виҫӗ ҫуллӑх курссем чылай колхозсенче ӗҫлемеҫҫӗ.

Районта выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе лайӑх ӗҫлекен колхозсем те пур. Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхоз малта пырать. Иртнӗ ҫулта ку колхоз сысна ферминчен кӑна 200 пин тенкӗ тупӑш илнӗ. Кӑҫал ҫур миллион илме палӑртнӑ. Ытти выльӑхсем ӗрчетес тӗлӗшпе те ӑнӑҫлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Анчах малта пыракансен опытне сарса пымаҫҫӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫри пысӑк ҫитменлӗхсем колхоз руководителӗсем партипе государство дисциплинине пӑснинчен, ӗҫре хӑйсен ответлӑхне туйманнинчен килет. Анчах партипе совет органӗсем колхоз председателӗсен ӗҫри ответлӑхне ӳстересе пымаҫҫӗ, артель хуҫалӑхне сиен кӳнӗшӗн айӑплисене ответ тыттармаҫҫӗ. Лешсем вара, вӗсен сулахай ури мӗнле тӑвас тет, ҫавӑн пек тӑваҫҫӗ.

Ҫӑнах та, парти райкомӗпе райсовет исполкомӗ общественнӑй выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетесси ҫинчен аса илмеҫҫӗ теме ҫук. Решенисем нумай йышӑнаҫҫӗ. Колхозсен ҫинчен сулах обязательствисем илеҫҫӗ. Анчах йышӑннӑ решенисене пурнӑҫлама пӗтӗм вӑйсемпе майсене, мӗнпур резервсене мобилизацилемеҫҫӗ, ӗҫри кӑлтӑксемпе килӗшсе пурӑнаҫҫӗ, кашни колхозӑн уйрӑм енӗсене тӗпчесе вӗренмеҫҫӗ, кирлӗ пулӑшӑва вӑхӑтра памаҫҫӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе малалла лайӑхлатса пырас тесен, чи малтанах, ҫак ӗҫри юрӑхсӑр меслете — пӗтӗмӗшпе ертсе пырассине пӗтермелле.

Н. ПУШКИН.
(«Коммунизм ялавӗ» корр.).

## Рвачсемпе вӗсене хӳтӗлекенсем
### (Ревизор заметкисем)

Социализмлӑ харпӑрлӑха сыхласси — пирӗн Тӑван ҫӗршыври кашни гражданинӑн таса тивӗҫӗ пулать. Уйрӑмах ӑна предприятисен директорӗсен — государство уполномоченнӑйӗсен тимлӗ сыхласа тӑмалла. Анчах руководительсем хушшинче халӑх пурлӑхне ҫаратакансем ҫине пӳрне витӗр пӑхса ларакансем те сахал мар-ха.

Кунта сӑмах вӗсем ҫинчен пырать.

* * *

Заготзерно Шупашкар пунктӗнче тырӑ типӗтекен мастер пулса Сергей Петрович Гущин текен ҫын ӗҫлет. Вӑл укҫана чипер хӗре юратнӑ пекех юратать. Ӗҫлеме кӑна юратмасть. Тырӑ типӗтекен мастер пулса вӑл уйӑхне 814-шар тенкӗ ӗҫ укҫи илет. Анчах ӗҫлессе вара ҫулталӑкра пурӗ те ик-виҫӗ уйӑх хушши кӑна ӗҫлет.

Ӗҫсӗр пурӑннӑ пирки е пуҫран мухмӑр тухман пирки — вӑл мӗнле майпа укҫа ытларах тупма пулассине ҫинчен шутлама тытӑннӑ. Анчах мӗнле майпа тупмалла-ха укҫа? Вӑл урайӗнче выртмасть. Укҫа кассир аллинче, вут-кӑвартан хӑраман ешӗкре, ҫирӗп ҫӑрапа питӗрӗнсе тӑрать. Анчах вӑл часах ҫак ҫӑрана уҫмалли «уҫӑна» тупать. «Уҫӑ» ячӗ — пункт директорӗ Тимофей Иванович Иванов ҫӑвар карса ларни.

1952 ҫулхи май уйӑхӗнче сушилкӑна юсанӑ. Ӑна рабочисем юсанӑ. 1952 ҫулхи июнь уйӑхӗнче директор заместителӗ П. И. Журин сушилкӑна юсама наряд ҫырать, ӑна директор Т. И. Иванов ҫирӗплетет. Ҫак наряд тӑрӑх С. П. Гущин 900 тенкӗ укҫа илет. Пӗр сӑмахпа каласан, вӑл ытти ҫынсен аллипе кӑвар туртса илет.

С. П. Гущин государство кассине хӑйӗн таса мар аллисене пӗр хут кӑна мар чикнӗ ӗнтӗ. Анчах унӑн пулсан нимӗн те мар, унӑн ӗҫӗ ялан «ӑнать». Мӗншӗн? Мӗншӗн тесен Гущин Чӑваш заготзерно кантурӗн управляющийӗн А. Д. Базаков юлташӑн тӑванӗ.

* * *

1952 ҫулхи ҫу уйӑхӗнче Вӑрмар Заготзерно пунктне Чӑвашзаготзерно кантурӗн капитальнӑй строительство пайӗн начальникӗ — ҫунатлӑ инженер С. А. Груздев (ӑна пӗр учрежденирен тепӗр учреждение вӗҫсе ҫӳренӗшӗн ҫапла ят панӑ) килсе ҫитет. Анчах Вӑрмартан тухса каяс умӗн вӑл государствӑна 1.210 тенкӗлӗх сиен кӳрсе хӑварать.

Ӗҫӗ ҫапла пулнӑ: Тӗрлемес пунктӗнчен 5 тонна асфальт тата нефтебитум турттарса килмелле пулнӑ. Пунктӑн хӑйӗн машини пур, кунпа Груздев килӗшмест. Вӑл май килнӗ чухне укҫа тупма шутлать. Материалсем турттарса килме урӑх шофер ячӗпе, пунктра ӗҫлемен С. И. Прокопьев шофер ячӗпе наряд ҫырать, наряд ҫине кунта пулман машина номерне «46—48», тесе лартать. Директор А. А. Архипов наряда ҫирӗплетет. Груздев шоферпа пӗрле кассӑна пырать. Кассир Васильева шофер Прокопьев хушаматлӑ мар, Муравьев хушаматлӑ пулнине лайӑх пӗлет, ҫавӑнпа та вӑл укҫа пама килӗшмест. Груздев, яланхи чухнехи пекех, хӗрӗнкӗ пулнӑскер, кӑшкӑрашма пуҫлать, анчах ку та пулӑшмасть. Вара вӑл Архипова ӗҫне илсе тарӑхнӑ пек пулса калама тытӑнать.

— Мӗнле йӗрке ку сирӗн? Кассир укҫа памасть. Халех укҫа пама хушӑр!

Директор укҫа пама хушать. Ҫакӑн хыҫҫӑн кассир Васильева Груздева 1.210 тенкӗ укҫа парать. Анчах вӑл ордер ҫине машинӑн шухӑшласа кӑларнӑ номерне мар, чӑн-чӑн номерне ҫырса хурать. Ҫавӑ вӑл государство укҫи-тенкине ҫаратнине тупса палӑртма ревизине пулӑшать. Тӗрӗссипе ҫак ӗҫсемпӗн шофера пурӗ те 40 тенкӗ те 50 пус кӑна тӳлемелле пулнӑ.

* * *

Сӗрпӳ Заготзерно пунктӗнче аслӑ бухгалтер пулса ӗҫлеме Н. С. Приказчикова текен ҫынна уйӑрса лартнӑ. Ҫакӑ бухгалтер виҫӗ уйӑх хушшинче кантурта ӗҫлекенсене сверхурочнӑй ӗҫленӗшӗн тӳленӗ тесе государство укҫине 47 пин тенкӗ ҫаратма ӗлкӗрет. Хӑйне валли вӑл 4.040 тенкӗ «кӑна» илет. Ытти укҫана пункт директорне Е. И. Полякова, унӑн заместительне И. В. Крохмале тата Арсентьева парать. Ҫакӑншӑн Приказчикова айӑплама тӑтӑр-и эсир? Ҫук, айӑпламан. Заготзерно Чӑваш кантурӗн управляющийӗ Казаков юлташ ӑна малтан ятламалла тунӑ, кайран ӗҫрен кӑларнӑ. Халӗ Приказчиков хула сӑмса каҫӑртса ҫӳрет. Мӗншӗн савӑнас мар-ха унӑн? Хуҫи лайӑх, шыва пӑтратмасть, сынна кӳрентермест.

* * *

Вӑхӑт, таҫанах вӑхӑт ӗнтӗ ҫакнашкал руководительсене йӗркене кӗртме. Вӗсем ҫӑкар карса ан ларччӑр, малалла вичкӗн пӑхчӑр.

В. СЕМЕНОВ,
Заготзерно Чӑваш кантурӗн аслӑ ревизорӗ.

*Юлашки почтӑран*

## Ырлама тивӗҫлӗ ӗҫ

Сӗрпӳ районӗнчи «Сталинец» хаҫат ырлама тивӗҫлӗ ӗҫ турӗ. Февралӗн 19-мӗшӗнче «Колхоз стройӗн аслӑ вӑйӗ» ятлӑ умстатья пичетлерӗ тата Мичурин ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артель членӗсен пурнӑҫне анлӑн ҫутатса ҫырусем нумай пичетленӗ.

Ҫав ҫырусенчен пӗри — колхоз председателӗн П. Сергеев юлташӑн ҫырӑвӗ. Вӑл Мичурин ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артелӗн членӗсем халӑхсен аслӑ ҫулпуҫӗн Сталин юлташӑн кӑтартӑвӗсене тӗрӗс пурнӑҫласа тунӑ чаплӑ ҫитӗнӳсемпе паллаштарать. Иртнӗ ҫул колхоз пысӑк тухӑҫлӑ тырпул пухса кӗртнӗ, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗхрен 208.850 тенкӗ тупӑш илнӗ. Кунта авӑн ҫапас, хӑма ҫурас, арман авӑртас ӗҫсенче электричество вӑйӗпе усӑ кураҫҫӗ. Колхозниксен натурӑпа тата укҫан илекен тупӑшӗ ӳссех пырать.

Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз Анатри Кинекҫе ял Советне кӗрекен ялсене пӗрлештерсе тӑрать. Ҫав ялсенче иртнӗ вунӑ ҫул хушшинче 150 хуҫалӑх ҫӗнӗ пӳртсем лартнӑ, кашни килех электричество, 104 киле радио кӗртнӗ. Ял Советӗнчи колхозниксен ывӑлӗсемпе хӗрӗсем 40 ҫын учитель, 20 ҫын агроном пулса ӗҫлеҫҫӗ.

Колхозра 200 ҫын вырнаҫмалӑх клуб лартнӑ, библиотека уҫнӑ. Радиоузел пур. Иртнӗ ҫулта ТЭЦ туса ӗҫе янӑ. Колхозниксен пурнӑҫӗ пуянлансах пырать. Вӗсен, килӗсенче халӗ ҫӗвӗ ҫӗлемелли 106 машина, велосипедсем, патефонсем, гӗкӗрсем пур.

«Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем хӑйсен пушӑ вӑхӑтне культурӑллӑ иртереҫҫӗ», тесе ҫырать вулав ҫурчӗн заведующийӗ А. Семенова юлташ. Вӗсем ӗҫ пӗтсен кашни каҫах ялти клуба пухӑнса, радио итлеҫҫӗ, хаҫат-журнал вулаҫҫӗ, шахматла, биллиардла выляҫҫӗ, кинокартинӑсем кураҫҫӗ, докладсемпе лекцисем итлеҫҫӗ. Вулав ҫурчӗ ҫумӗнче 22 ҫынтан драмкружок тата 28 ҫынтан тӑшӑҫӑсен кружокӗ организациленӗ. Драмкружок иртнӗ уйӑхра 3 спектакль лартса панӑ. Ялти библиотекӑра 4.567 кӗнеке шутланать. 1952 ҫул вӗҫлениччӗ тӗле активлӑ вулакансен шучӗ 504 ҫынна ҫитнӗ.

## Хуласемпе поселоксем илемленеҫҫӗ

Пирӗн хуласемпе поселоксем, ялсем ҫултан-ҫул ӳссе пысӑкланаҫҫӗ тата илемленеҫҫӗ. Шупашкар хулине илер. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче пир-авӑр комбиначӗн поселокӗ ӳсе ларчӗ. Ҫӗнӗ шкулсем, пурӑнмалли ҫуртсем, учрежденисем вырнаҫнӑ ҫуртсем хулана илем кӳреҫҫӗ. Пурӑнмалли ҫуртсемпе коммунальнӑй предприятисем туса лартни ӗҫсыннисен йӑла ыйтӑвӗсене лайӑхрах тивӗҫтерме май парать.

Кӑҫалхи план тӑрӑх коммунальнӑй банк республикӑра пурӑнмалли ҫуртсем, шкулсемпе больницӑсем тата ытти ҫуртсем туса лартма пӗлтӗрхинчен 70 процент ытларах укҫа-тенкӗ парать.

1952 ҫулта Шупашкарта ҫӗнӗ больница тума тытӑннӑ. Кӑҫал ӑна тума пӗлтӗрхинчен пилӗк хут нумайрах укҫа уйӑрса панӑ. Ялхуҫалӑх институчӗпе педагогика институчӗн ҫурчӗсене тӑвас ӗҫ те кӑҫал анлӑн сарӑлать. Карл Маркс урамӗнче 38 хваттерлӗ ҫурта туса пӗтереҫҫӗ. Пир-авӑр комбиначӗ, электроаппаратура завочӗ тата ытти предприятисем те ҫӗршер рабочисем валли пурӑнмалли ҫуртсем лартаҫҫӗ. Ача сачӗсем, яслисем, магазинсем, ӗҫсыннисен йӑла ыйтӑвӗсене тивӗҫтерекен павильонсемпе мастерскойсем чылай уҫма палӑртнӑ.

«Родина» кинотеатр ҫуртне юсаса илемлетеҫҫӗ. Фойэне икӗ хут пысӑклатаҫҫӗ. Ҫак ҫурта архитектура тӗлӗшӗнчен те йӗркелеҫҫӗ. Ҫавӑн пекех Ҫӗрпӳри кинотеатр ҫуртне те юсаса лайӑхлатаҫҫӗ. Улатӑр хулинче кинотеатр валли ҫӗнӗ ҫурт лартаҫҫӗ.

Коммунальнӑй хуҫалӑх министерстви енӗпе Улатӑр хулинче ҫӗнӗ электростанци тӑваҫҫӗ. Ӑна туса пӗтерсе ӗҫе ярсан, хулари ӗҫсыннисемпе учрежденисем электроэнерги халичченхинчен нумай ытларах илсе тӑма пултараҫҫӗ.

Хуласемпе поселоксенче тата район центрӗсенче ҫӗнӗ кӗперсем, магазинсем чылай тума, урамсене чул сарма палӑртнӑ.

Государство пулӑшнипе ҫулсерен ҫӗршер рабочи, служащи тата специалистсем хӑйсем валли пурӑнмалли ҫуртсем лартаҫҫӗ. Кӑҫал ӗҫсыннисене хӑйсем валли пурӑнмалли ҫуртсем лартма чылай укҫа уйӑрса пама палӑртнӑ.

В. ДАНИЛОВ,
Чӑваш АССР Коммунальнӑй банк управляющийӗн заместителӗ.

## Квалификацие ӳстермелли курссем

Чӑвашпотребсоюз правленийӗ суту-илӳпе кооперации шкулӗ ҫумӗнче икӗ тата виҫӗ уйӑх вӗренмелли курссем уҫнӑ. Ҫав курссенче 60 ҫын ытла вӗренет. Заготконтора директорӗсемпе инструкторӗсем 20 ҫын, поварсем 28 ҫын тата продавецсем 12 ҫын вӗренеҫҫӗ.

Ҫитес кунсенчех райпотребсоюзсен правлени председателӗсен, ялпосемпе райпосен бухгалтерӗсен курсӗсем ӗҫлеме пуҫлаҫҫӗ.

В. СИЛАНТЬЕВ.

# Хисеп

### КАЛАВ

Каҫхине, ҫичӗ сехет тӗлнелле, колхозӑн ҫӗнӗ клубне тулли халӑх пухӑнчӗ. Килекенсем татах нумай-ха: алӑк уҫӑлса хупӑнмассерен зала ҫичӗ-сакӑр ҫын кӗрет. Килекенсем, ҫӗлӗк хӑлхине ҫӳлелле ҫӗклесе ҫыхнӑ май, ларма вырӑн шыраса тӗпелелле иртесшӗн. Клуб совечӗн членӗ Романов вӗсене салтӑнса кӗме сӗнет. Колхозниксем унӑн ӑшӑ кӑмӑллӑ сӑмахӗнчен иртеймеҫҫӗ: каялла, фойене тухса салтӑнаҫҫӗ.

— Ҫӗнӗ клубра ҫӗнӗ йӗрке мӗн.

— Ан та кала. Кӑна пӗлнӗ пулсан, лайӑхрах тумланса килмеллеччӗ.

— Чӗнессе те ҫӗнӗлле — радиопа чӗнчӗҫ вӗт.

— Текех бригадирсем пухӑва пыма килӗрен-киле чӗнсе ҫӳресе ӗшенмеҫҫӗ ӗнтӗ.

Калаҫа-калаҫа салтӑнакансем зала кӗрсе вӗр-ҫӗнӗ юман пукансем ҫине вырнаҫрӗҫ. Пӗр самантлӑха вӗсем клуб илемне ытараймасӑр пӑхса ларчӗҫ. Сценӑн пӗр енче Ленин сӑнӗ. Вӑл аллине малалла тӑснӑ та, ӗмӗрсем витӗр курса халӑха ҫул кӑтартать. Унпа пӗрле залри ҫынсен те малашнехи пурнӑҫа курас килет. Тепӗр енче — аслӑ Сталин. Унӑн ури хӑюллӑн малалла ярса пуснӑ, куҫӗсем пӗр иккӗленмесӗр пӑхаҫҫӗ. Ун ҫине пӑхатӑн та ӳт-пӳре нихҫан иксӗлми вӑй-хал выляса илнине сисетӗн. Сулпуҫсен сӑнне икӗ енчен икӗ прожектор ҫутатать. Ҫак ҫутӑ прожектортан мар, сулпуҫсен ӑшӗнчен хӗмленсе тухнӑн туйӑнать.

Тап-таса та илемлӗ клубра ларакан ҫынсем те тасалса илемленнӗн туйӑнать. Вӗсем хӑйсене сӑпай тыткалама пуҫларӗҫ. Калаҫасса та ҫур сасӑпа кӑна пӑшӑлтатса калаҫаҫҫӗ.

Колхоз председателӗ сцена ҫинчи кӑвак пустав витнӗ сӗтел умне пырса тӑчӗ. Вӑл пӗрре залри халӑх ҫине, тепре сулахай аллинчи сехет ҫине пӑхса илчӗ. Вара вӑта пӳрнипе сӗтел ҫинчи йӑлтӑркка япала ҫине пусрӗ. Электрозвонокӑн уҫӑ сасси халӑха вырнаҫса ларса шӑпланма чӗнчӗ.

Пуху пуҫланчӗ. Кун йӗрки ҫирӗплетсен, колхоз председательне сӑмах пачӗҫ.

— Ялхуҫалӑх ҫулне вӗҫлерӗмӗр. Кӑҫал пирӗн колхоз тепӗр пусӑм ҫӳлелле ҫӗкленчӗ. Колхоза аталантарма малта пыракансем нумай вӑй хурса ӗҫлерӗҫ. Сӑмахран, Хавасова Вера ертсе пыракан звенори колхозниксем кашни гектартан вунултшар центнер йӗтӗн вӑрри, вунсакӑршар центнер сӳс туса илчӗҫ. Вӑл тупӑш кашни гектартан сакӑрвунултшар центнер тулӑ туса илнипе танлӑшать. Артель правленийӗ пухура Хавасова юлташа колхозри хисеп хӑми ҫине кӗртесси ҫинчен сӳтсе явма сӗнет. Хумханулӑн вӗҫлерӗ председатель хӑйӗн сӑмахне.

Пухури ҫынсем пурте такамран пытаннӑ пек пӗр кӗтесре ларакан Хавасова еннелле ҫаврӑнса пӑхрӗҫ.

— Хисеплӗ вырӑна лартас ӑна!

— Кунта та юрӗ-ҫке, — аран илтӗнчӗ Верӑн вӑтаннипе ӑшне кайнӑ сасси.

— Ӗҫлеме вӑтанман пулсан, хисеплӗ ята илтме вӑтанмалла-и?

— Ирт малалла!

— Ҫул парӑр!

— Манран тухнӑ йӑла мар, иртсе ларас пулӗ апла, — президиум еннелле утрӗ Вера.

Пилӗк ҫул каярах колхозра хисеп хӑми тума йышӑннӑ. Ун чухнех хисеп хӑми ҫине кӗртмелли йӗркене те ҫирӗплетнӗ. Халӗ вӑл йӗрке йӑли пулса тӑнӑ. Йӑла тӑрӑх, хисеп хӑми ҫине кама кӗртессине артель членӗсен пӗрлехи пухӑвӗ сӳтсе явса татса парать. Сӳтсе явнӑ вӑхӑтра ҫыннине пурне те курӑнмалла вырӑна лартаҫҫӗ. Хисеп хӑми ҫине кӗртме йышӑннӑ хыҫҫӑн вӑл ҫынна хӗрлӗ пурҫӑнран ҫӗленӗ кӗпе тӑхӑнтараҫҫӗ.

Пуху председателӗ Верӑна президиум умӗнчи сенкер бархат сарнӑ пукан ҫине лартрӗ. Пухури ҫынсене вӑл хисеп хӑми ҫинче пулма тивӗҫлипе тивӗҫлӗ марри ҫинчен хӑйсен шухӑшӗсене пӗлтерме сӗнчӗ.

Эрхип пичче, чукмар пек сулмаклӑ туя ҫине тайӑнса, ура ҫине тӑчӗ те, сӑмах ыйтрӗ.

— Мана, ватӑ ҫынна, чӗлхи хытӑ тесе ан ҫилленӗр. Тӳррипе каланӑ сӑмахшӑн кӳренмелли ҫук, — терӗ вӑл хӑйне сӑмах парсан. Калаҫнӑ хушӑра юн тымарӗ карса илнӗ аллипе йӗтӗн сӳсӗ тӗслӗ сухалне пӗр вӗҫӗмсӗр якатса тӑчӗ. — Вӑт ҫапла... Ҫӗр мӑнтӑр, тетпӗр. Вӑхӑтра тӑрантармасан вӑл та ырханланать, кӗтнӗ ҫимӗҫе пами пулать. А эсӗ, шӑллӑм, Верӑна ҫӗре тӑрантарма кирлине тупса пама тӑрӑшрӑн-и? — ҫӳҫӗ пекех шурӑ куҫхаршиайӗнчен йӑлтӑртатакан чакӑр куҫӗсемпе председатель ҫине шӑтарас пек пӑхрӗ вӑл. — Тӑрӑшмарӑн. Ҫавӑнпа халӑх умӗнче питлесшӗн эпӗ сана. Колхозӑн автомашинӑсем ҫук пек, Вера звенинчи ҫынсем шыв-шур вӑхӑтӗнче минераллӑ удобрени илме ҫуран тухса кайрӗҫ.

— Машинӑна ҫынран хакла хурать вӑл.

— Халӗ те ҫавна каламастӑп-и... Машинӑна хӗрхенсе сарайӗнче лартман пулсан, пурне те удобренилле тӑваттӑмӑр. Тупӑшӗ те икӗ хут ытларах пулатчӗ.

— Вера звенинчи кашни гектар йӗтӗн пӗр автомашина туянса парать.

— Чимӗр-ха, эсир атсемӗрсем... Вӑт мӗн хаклӑ. Пирӗн председатель ҫавна та вӑхӑтра чухласа илеймен. Пӗр пуҫланӑ чухне татах калам-ха. Кӑҫал йӗтӗн пӗлтӗрхинчен те вайлӑрах пулӗ. Савӑнтарать-и вӑл? Тӳррипех каласан, савӑнӑҫпа пӗрле хурлӑхне те май таранах кӳрет! Мӗншӗн тетӗр-и? Йӗтӗн вайлӑ пулсан унӑн ӗҫӗ те нумайрах. Вӑт мӗншӗн. Вӑхӑтра татса ҫапаймасӑр вӑррине тӑкса ярсан мӗн курмалла? Е тылласа ӗлкӗреймесӗр шӑши касас пур? Пуриншӗн те ячӗ йӗтӗн ӳстерекенсене тивет. Камӑн хӑйне лайӑх ӗҫленӗшӗн ятлаттарас килтӗр? Тата... йӗтӗн завочӗ лартасси ҫинчен ҫӑвар уҫса калаҫнине илтме ҫук...

Эрхип сӑмахне тӑнласа ларакан Вера тарӑн шухӑша кайрӗ.

«Халӑх пурне те курать, пурне те асӑрхать. Яланах ҫапла пулнӑ-ши ҫынсем? Ҫук, апла пулман пулӗ. Хӑвӑн хуйӑху пуҫ тӳпинче чухне ҫын хуйӑхи куҫа курӑнмасть вӑл.

Ҫынсем тахҫанах ҫурхи тырӑ акса пӗтернӗ. Пирӗн атте вӑрҫӑра вилнӗ те, никам та акса паракан ҫук. Пӗтӗм хирӗпе те пӗр пирӗн курӑк пусса илнӗ ана кӑна чул пек хытса выртать. Эпӗ, аслӑ ача, ҫиччӗре кӑна, аннене пулӑшаймастӑп. Анне мана аттепе пӗр тӑван пичче патне ертсе кайрӗ. Малтан вӗсем аттене аса илсе калаҫрӗҫ. Пӑртак ларсан, анне пиччерен ҫураки тума лаша ыйтрӗ.

— Тархасшӑн ан хӗрхен лашуна. Ҫак ачасене выҫӑ вӗлерес марччӗ хӑть. Ҫурпилӗк акнӑшӑн кӗркунне ҫурпилӗк вырса парӑп, турӑ пул — йӗрес пек тилмӗрсе ыйтать анне.

— Ӗҫ ухмаха юратать, — таракан тӗслӗ сухалне чӗтретсе лӑх-лӑх кулса илчӗ пичче. — Эсӗ, кин, ӑспа пурӑнма вӗрен...

Анне ура ҫине тӑрса, пичче пичӗ ҫине сурчӗ, ҫатлаттарса сутӑлтарса ячӗ.

— Тӑван тӑванӗ кӗтӳ кӗтнине юратать, — ҫул тӑрӑх хӑй тӗллӗн мӑкӑртатса вӑрҫса пычӗ анне.

Улшуҫ Иван аран-аран ҫурмалла акса пама килӗшрӗ. Кайран ҫемйипех унӑн тӳлевсӗр тарҫисем пулса тӑтӑмӑр. Пурнӑҫ ҫулран-ҫул татӑлса пычӗ. Колхоза кӗмесӗр те хире-хирӗҫ ҫитнине курса пулмарӗ.

Манӑн та пурнӑҫ шӑпи анненни пекрех пулчӗ. Юратнӑ мӑшӑрӑм вӑрҫӑра пуҫне хучӗ. Икӗ ачапа тӑлӑха тӑрса юлтӑм. Пурнӑҫ пӗтрӗ, тесе шутланӑччӗ. Ӑшӑм суннипе тута хуралса ҫуркаланчӗ, йӗрсе куҫҫуль тухми пулчӗ.

Хӗллехи шартлама сивӗре колхозниксене шкула пухӑва пыма чӗнчӗҫ. Виҫӗ кун хутман шкулта тулти пекех сивӗ: алӑ-ура шӑнса кӳпченӗ, шӑла шӑл лексе шакӑртатать. Вӑрҫӑран аманса килнӗ хыҫҫӑн тинрех кӑна тепӗр хут председателе суйланӑ Мудрецов сӑмах калать.

— Пирӗн колхоза кӑҫал йӗтӗн акма план пачӗҫ. Вӑл ҫӑмӑл промышленноҫӑн питех те кирлӗ чӗртавар. Унсӑрӑн вӑрҫа вӑрҫма та ҫук. Вӑрҫӑра кашни салтака шыв яман плащ-палатка параҫҫӗ. Мӗнрен тунӑ ӑна? Йӗтӗн сӳсӗнчен! Йӗтӗн ҫӑвӗ ҫиме, тӗрлӗрен краскӑсемпе сунӑнь тунӑ ҫӗре каять... Унӑн ланчашка сӳсӗпе хулхинчен хут тӑваҫҫӗ. Йӗтӗн те кантӑр пекех тухӑҫлӑ пултӑр тесен, ӑна ӳстерме пӗлекенсем кирлӗ... — илтӗнет председатель каланӑ сӑмах.

— Ку ӗҫе Вера ӑста пӗлме кирлӗ. Унӑн амӑшӗ те йӗтӗн акма юрататчӗ. Вера та пахчана ҫуллен йӗтӗн акса илет, — манӑн ятӑма асӑнчӗ Эрхип пичче. Хамӑн ятӑма илтсен, пухура калаҫакансен сӑмахне лайӑхрах тӑнланма пуҫларӑм.

— Чӑнах та, ҫавна хушас, — илтӗнчӗҫ ытти ҫынсен сассисем те.

— Ман шутпа та Хавасоваран тӗллӗ ҫын ҫук пек. Йӗтӗн акакансен звеньевойӗ пулма урӑх никама та мар, пӗр ҫавна кӑна хушма пулать. Хӑвӑр мӗнле шутлатӑр, Вера Ивановна? — ман еннелле ӑшшӑн пӑхса ыйтрӗ председатель.

— Пурнӑҫ йывӑр, ачасем вакӑ. Манран пиҫессӗн туйӑнмасть, — иккӗлентӗм эпӗ.

— Эсӗ ан шиклен. Ҫӗнӗ ӗҫ чӑрмавсӑр пулманнине пурте пӗлетпӗр, пулӑшӑпӑр, — эпӗ татса каламаннине илтсен хавхалантарма пуҫларӗ Мудрецов.

— Ҫуртра пӗр ҫын-ҫке эпӗ. Ачасен ҫи-пуҫне питӗрме те вӑхӑт пулас ҫук ун чухне.

— Эккей, пуҫларӗ ваклама... Килӗштӗн-и е килӗшместӗн эсӗ? Ҫавӑн ҫинчен пӗлес килет пирӗн. Ачусене ҫарамас ҫӳретмӗпӗр вӗсене. Ыран хам патӑма заявлени ҫырса пыр. Ачусене пулӑшу кассиншучӗпе тумлантармалла тӑвӑпӑр. Пӑртак тырӑ та парӑпӑр. Ан вӑтан, пулӑшма тунӑ пулӑшу кассине, — ура ҫине тӑрсах ӳкӗтлеме пуҫларӗ Эрхип пичче. — Сана пулӑшу парасси ҫинчен ҫак пухурах татса пама та пултаратпӑр... Колхоз вӑл, ачам, выҫӑ вӗлерес ҫук. Тӑлӑх-туратсене ӗлӗкхи саманари пек хутаҫ ҫактармӑпӑр.

Эрхип пиччен ӑшӑ сӑмахӗсем чӗрене пусарса тӑракан арман чулне сирсе пӑрахнӑ пекех туйӑнчӗҫ. Татӑлма пуҫланӑ пурнӑҫ сыпӑннӑ пек пулчӗ.

Пӑртак шухӑшласан, звеньевой пулма килӗшрӗм.

Эрхип пичче каллех ман хута кӗрсе калаҫать. Тӗрӗс ҫын вӑл. Ҫавӑнпа председателе куҫран пӑхса калама именмест».

Клубра ӑшӑ. Вера малалла ӳпӗнтерсе ҫыхнӑ тутӑрне пуҫӗнчен салтса хулпуҫҫи урлӑ уртса ячӗ. Пӗрчӗн-пӗрчӗн ҫуталма пуҫланӑ хура ӳсне турапа иквиҫӗ хутчен каялла тураса якатсан, ҫӳлӗ ҫамки тата сарлакаланнӑ пек туйӑнчӗ. Саппун кӗсйинчен кӑларнӑ шурӑ тутӑр кӗтессипе сӑмси ҫине пӑчӑ-пӑчӑ тапса тухнӑ йӑлтӑркка тар тумламӗсене шӑлса типӗтрӗ. Вара аллисене чӗркуҫҫи ҫине хӗреслетсе хучӗ те, йӗтӗн чечекӗ тӗслӗ куҫӗсене пӗр сиктермесӗр, пухура тухса калаҫакансем ҫине пӑхса ларчӗ.

# Хамӑр республика тӑрӑх

## Ӗҫре малта пыракансем

Хусан чугун ҫулӗн 14-мӗш дистанцийӗн Улатӑрти околоткӑ нумай вӑхӑт хушши ват хыҫра пынӑ.

Парторганизаци секретарӗ Николайпа Семен Ивановсене чугун ҫул мастерӗсен пӗр ҫуллӑхлӑх курсне вӗренме янӑ. Вӗсем курсран «отлично» вӗренсе тухнӑ. Ҫавӑн хыҫҫӑн вӗсене бригадирсем пулма лартнӑ.

Малтанхи кунсенчех Ивановсем ӑмӑртса ӗҫлеме пуҫланӑ. Ӗҫре паха тӗслӗхсем кӑтартассишӗн бригадӑсем хушшинче социализмла ӑмӑртса ӗҫлеме договор тунӑ, кашни рабочи социализмлӑ обязательство йышӑннӑ.

Ӗҫ ҫулталӑк тӑршшӗпех ӑнса пынӑ. Пӗр тӑван Ивановсем хӑйсен бригадисене околотокра малти вырӑна кӑларассишӗн нумай вӑй хунӑ. Ҫавӑнпа пӗрлех вӗсем П. Крылов бригадирӑн паха опытне вӗреннӗ. Крылов ҫак околотокра 40 ҫул хушши ӗҫлет. Пӗр тӑван Ивановсемпе кӳршӗллӗ пулса Крылов юлташ вӗсене ҫӗнӗ меслетсемпе ӗҫлеме вӗрентсе пынӑ. Ивановсене околоткӑн ҫул мастерӗ Д. Лямаев коммунист тимлӗ пулӑшнӑ.

Лайӑх ӗҫленӗшӗн 1952 ҫулхи декабрь уйӑхӗнче коллектива чугун ҫул уйрӑмӗн куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне панӑ.

1953 ҫулхи январӗн 30-мӗшӗнче околоток коллективӗн пухӑвӗнче, Хӗрлӗ ялава алла илсе, ҫул мастерӗ Лямаев ҫапла каларӗ:

— Пирӗн околоток ӗҫне пысӑка хурса хакларӗҫ. Ҫак хисеп пире тата хастарлӑрах ӗҫлеме хушать. Эпир малашне те чугун ҫул хуҫалӑхне лайӑх пăхса усрама пулатпӑр.

Чугун ҫул работникӗсем хӑйсен сӑмахне ӗҫпе ҫирӗплетеҫҫӗ. Ҫак кунсенче пулнӑ ҫил-тӑман вӑхӑтӗнче чугун ҫул линине юр хӳсе лартнӑ. Рабочисен ҫиччӗмӗш, саккӑрмӗш тата тӑххӑрмӗш уйрӑмӗсем хастарлӑ ӗҫленипе ҫула юртан хӑвӑрт тасатнӑ.

Январь уйӑхӗнче околотокра ӗҫлекенсем малтанхи юсав ӗҫне срокчен вӗҫленӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхне 139 процент таран ӳстернӗ.

Улатӑрти околотокра хӗллехи вӑхӑтра чугун ҫула пӑхса тӑрас тата юсас тӗлӗшпе ҫӗршыври паллӑ стахановецӑн, чугун ҫул мастерӗн, Сталинла преми лауреачӗн Удалов юлташӑн меслечӗпе анлӑн усӑ кураҫҫӗ.

Ҫак кунсенче Г. Давыдов, Е. Кулькова, А. Горячева, Е. Егорова рабочисем стахановла ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем ӗҫ нормине кулленех 135—150 процент тултарса пыраҫҫӗ.

**М. МОНГИН,**
Хусан чугун ҫулӗн 14-мӗш дистанцийӗнчи парторганизаци секретарӗ.

## Строительство материалӗсем сутаҫҫӗ

Республикӑри колхозсенче выльӑх-чӗрлӗх витисем, гидроэлектростанцисем тӑвасси вӑйланса пырать. Ҫавна май строительство материалӗсем илсе килсе сутасси те нумай ӳсмелле.

Чӑвашпотребсоюзӑн Канашри тата Шупашкарти базисем урлӑ, райпотребсоюзсемпе ялпосен магазинӗсенче кӑҫалхи пӗрремӗш ҫурҫулта строительство материалӗсем нумай сутаҫҫӗ. Ҫав материалсем шутӗнче сортлӑ тимӗр, ҫурт ҫине витмелли тимӗр, пӑта, тӗрлӗ пралуксем, цемент 1.550 тонна, толь, фанера, шифер, олифа, кӑмака хатӗрӗсем, тимӗрҫӗ кӑмрӑкӗ тата ытти тӗрлӗ материалсемпе таварсем нумай.

## Студентсен ҫӗнӗ общежитийӗ



Шупашкарти Карл Маркс урамӗпе иртсе пыракансем юлашки вӑхӑтра туса пӗтернӗ ҫӗнӗ те пысӑк ҫуртсем ҫине пӑхса савӑнаҫҫӗ. Виҫҫӗ тӑват хутлӑ, архитектура тӗлӗшӗнчен илемлетсе тунӑ ҫуртсем хула урамне, пӗтӗм хулана ҫӗнӗ сӑн кӗртеҫҫӗ. Акӑ, халӗ ҫеҫ туса пӗтернӗ тӑвата хутлӑ чул ҫурт. Тул енчен ӑна сарӑ тата шурӑ сӑрсемпе илемлетсе сӑрланӑ, тулӑ кӗлти пек модульонсемпе илемлетнӗ. Пӑхсанах ҫурта ялхуҫалӑх специалисчӗсем валли тунине куратӑн. Ҫурта кӗмелли тӗп алӑк патӗнче «Ялхуҫалӑх институчӗн студенчӗсен общежитийӗ» тесе ҫырса ҫапнӑ.

Малтанхи пӳлӗме кӗрсенех ҫак ҫуртра вӗренме, ӗҫлеме, пурӑнма лайӑх условисем туса панине туйса илме пулать. Темиҫе лампа ҫутатакан люстра пӳлӗме каҫхине те кӑнтӑрлахи пекех ҫутатать.

Общежитин вӑрӑм коридорӗсен икӗ енӗпе студентсем пурӑнмалли пӳлӗмсем. Кашни пӳлӗмре 3, 4 е 5 ҫын пурӑнать. Ҫавӑн пек пӳлӗмсем кунта 70 ытла. Вӗсенче халлӗхе пурӗ 237 студент пурӑнать. Таса та ҫутӑ пӳлӗмсем. Кашни студент валли тимӗр койка, выртса тӑма кирлӗ япаласем. Тирпейлӗн йӗркелесе хунӑ таса вырӑнсем—кунта ҫирӗп йӗркелӗх пулни ҫинчен калаҫҫӗ. Кашни пӳлӗмре занятие хатӗрленме пысӑк сӗтел, кашни студента тумбочка лартса панӑ. Кӗпе-тумтир ҫакма уйрӑм шкафсем пур. Студентсем занятисене хӑйсем пурӑнакан пӳлӗмре ҫеҫ мар, ятарласа тунӑ вуламалли зала кайса хатӗрленме пултараҫҫӗ. Кун пек залсем кашни хутрах пур.

Ҫӗнӗ общежитире апат хатӗрлеме уйрӑм пӳлӗмсем, апат пӗҫерме кашни хутрах кухньӑсем пур. Саватсапа хума, ҫимӗҫсене усрама пӗчӗк те тирпейлӗ кладовойсем тунӑ.

Салтӑнмалли, ҫӑвӑнмалли пӳлӗмсенче пысӑк тӗкӗрсем пур. Коридорсем тӑрӑх иртсе ҫӳренӗ чухне сас-чӗв пуласран коверсем сарнӑ.

Дежурнӑйсем общежитири йӗркелӗхе кулленех тӗрӗслесе тӑраҫҫӗ.

Чӑвашсен ялхуҫалӑх институтӗнче вӗренекен студентсем валли пысӑк та паха общежити туса пани партипе правительство, аслӑ Сталин совет студенчӗсемшӗн куллен тӑрӑшнине тата тепӗр хут уҫҫӑн кӑтартса парать.



**Ӳкерчӗксем ҫинче:** ҫӳлти ӳкерчӗк — общежити ҫурчӗ; аялти ӳкерчӗк — агрономи факультетӗнче II-мӗш курсра вӗренекен студенткӑсем ҫӗнӗ общежитире. Сулахайран сылтӑмалла: Ю. Арсентьева, С. Клипикова, Р. Мясникова.

**Н. МИНИН.**

Фотоӳкерчӗкӗсем **Г. ЗИНЬКОВАН.**

## Плансем тума пулӑшаҫҫӗ

Халӗ республикӑри колхозсенче ҫулталӑкри производство планӗсене тӑвас тӗлӗшпе ӗҫлеҫҫӗ. Тӗплӗ туса хатӗрленӗ план колхоза питӗ кирлӗ. Вӑл ялхуҫалӑх ӗҫӗсене вӑхӑтра тата лайӑх тума, МТС-ӑн пуян техникипе туллин усӑ курма май парать.

Ялхуҫалӑх институтӗнче 4-мӗш курсра вӗренекен студентсем Ҫӗрпӳ, Ишлей тата Етӗрне районӗсенчи колхозсене тухса кайрӗҫ. Вӗсем унта колхозсене ҫулталӑкри производство планӗсене тума пулӑшаҫҫӗ.

Кашни студент колхозра тырпул тухӑҫлӑхне малалла ӳстерес, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗхе тӑрантарса усрас, ҫамрӑк выльӑхсене тӗрӗс пӑхса ӳстерес тата колхозри ӗҫсене тӗрӗс йӗркелес тӗлӗшпе лекцисемпе докладсем тата калаҫусем иртереҫҫӗ.

**А. ТИМОФЕЕВ.**

## Профсоюз комитечӗн библиотеки

Шупашкарти Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ заводри профсоюз комитечӗн пысӑк та пуян библиотека пур. Унта пурӗ сакӑр пин ытла кӗнеке. Политика, илемлӗ литература, наукӑпа техника тата ытти нумай ыйтусем тӑрӑх ҫырнӑ кӗнекесем пиншерӗн шутланаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех тӗрлӗ наглядлӑй пособисем нумай.

Библиотекӑн кӗнеке фончӗ ӳссех пырать. 1952 ҫулта пилӗк пин тенкӗлӗх кӗнеке туяннӑ.

Заводри нумай рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем профсоюз завкомӗн библиотекинчен кӗнекесем илсе вулаҫҫӗ. Кунта куллен 120—130 ҫын пулать.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗн материалӗсене тата И. В. Сталинӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ произведенине вӗренекенсене пулӑшма ятарласа выставкӑсемпе витринӑсем тунӑ, наглядлӑй пособисем нумай туяннӑ.

Библиотека работникӗсем вулакансем хушшинче ӗҫлессине лайӑхлатса пыма тӑрӑшаҫҫӗ. Вӗсем общежитисенче пулса ҫӗнӗ кӗнекесем ҫинчен калаҫусем, вулакансен конференцийӗсем ирттереҫҫӗ. Пӗлтӗр 16 хутчен лекци, 26 калаҫу иртернӗ, тӗрлӗ темӑсем тӑрӑх 40 выставка тунӑ. Ҫамрӑксен общежитийӗсенче кӗнекесем пӗрлешсе вулассине, сӳтсе явассине организациленӗ, общежитисем тӑрӑх куҫса ҫӳрекен библиотекӑсем тунӑ.

Библиотека ӗҫне лайӑх йӗркелени рабочисен культурине ӳстерме пулӑшать.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

## Ялхуҫалӑх налогӗ тӳлеҫҫӗ

ХӖРЛӖ ЧУТАЙ. Туканаш ял Советӗнчи колхозниксем аванс шучӗпе ялхуҫалӑх налогӗ тӳлеме тытӑнчӗҫ. Я. Андреевпа И. Данилов колхозниксем хӑйсем тӳлеме тивӗҫлӗ укҫана пӗтӗмпех парса татрӗҫ. П. Кулюков, И. Тохтейкина, П. Кряжинов тата И. Мигушкин 200—220-шер тенкӗ, Е. Федотов, Н. Семенов тата А. Данилова 100—180-шар тенкӗ, Д. Трофимов 300 тенкӗ тӳлерӗҫ.

Халӑхран укҫа пухас тӗлӗшпе ял Советӗнчи налог агенчӗ И. Никифоров тӑрӑшса ӗҫлет. Вӑл ку ӗҫре 8 ҫул хушши ӗҫлесе пысӑк опыт пухнӑ. Никифоров юлташ налог тӳлеме тивӗҫлӗ кашни ҫынна государствӑна укҫа-тенкӗ вӑхӑтра парса татнин пӗлтерӗшӗ ҫинчен ӑнлантарса парать.

**В. ЧОБАЙКИН.**

ЭЛӖК. Тавӑтри Шверник ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем ялхуҫалӑх налогӗ тӳлеҫҫӗ. Поликарп Алексеев 400 тенкӗ, П. Алексеев 295 тенкӗ, А. Митрофанов 120 тенкӗ, П. Сергеева 119 тенкӗ, Т. Шарикова 104 тенкӗ, А. Петрова 94 тенкӗ тӳлерӗҫ, аванс шучӗпе памалли обязательствӑсене иртерсе тултарчӗҫ. Налог агенчӗ Н. Нестеров 10 пин тенкӗ ытла пухрӗ.

**С. ТИХОНОВ.**

## Уйӑхри плана тултарнӑ

КОМСОМОЛЬСКИ. Чайковский ячӗпе тӑракан ҫӗвӗ ҫӗлекен артель февраль уйӑхӗнчи плана февралӗн 22-мӗшӗ тӗлне тултарчӗ. Халӗ артель членӗсем кварталти плана срокчен тултарассишӗн, продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн тимлӗн кӗрешеҫҫӗ.

**П. КВАСОВ.**

## Ачасене кӗнекене юратма вӗрентесси

*(Учитель ҫырӑвӗ)*

Партипе правительство, пирӗн совет литератури чи идейӑллӑ, малта пыракан литература пулнине палӑртса, вӑл халӑха коммунизмла воспитани парас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑннине кӑтартаҫҫӗ. Юлашки ҫулсенче пирӗн совет писателӗсемпе поэчӗсем халӑха тивӗҫлӗ, пысӑк идейӑллӑ произведенисем нумай ҫырса кӑларчӗҫ.

Ҫавӑнпа та пирӗн, учительсен, ачасене коммунизмла воспитани парас ӗҫре илемлӗ литература кӗнекисемпе туллин усӑ курмалла. Ҫакна тӑвас тесен, ачасене кӗнекене юратма вӗрентмелле.

Кӗнеке пирӗн пӗлӳсен ҫӑлкуҫӗ пулнине, нумай вулакан ҫын пурнӑҫри йывӑрлӑхсемпе ҫитменлӗхсене ҫӑмӑл ҫӗнтерме пултарнине, вӑл Тӑван ҫӗршывшӑн хисеплӗ ҫын пулассине эпӗ тӑван чӗлхепе литература урокӗсенче ачасене яланах ӑнлантарса паратӑп.

Кӗнекесем вулани ачасене воспитани панисӗр пуҫне вӗренӳ пахалӑхне хăпартас ӗҫре те пысӑк пулӑшу парать. Ачасене кӗнекене юратма вӗрентесси вӗсен килти вулавне мӗнле тӗрӗслесе пынинчен, ку ӗҫе мӗнле йӗркеленинчен нумай килет. Ҫавӑнпа та ҫак ӗҫе пуҫӑнма эпӗ кашни ҫулах ачасен кусӗ умне килте вуламалли кӗнекесен спискине ҫырса ҫапатӑп, библиотекӑпа тачӑ ҫыхӑну тытатӑп, ӑна тӑван чӗлхепе ҫырнӑ кӗнекесемпе пуянлатассишӗн ӗҫлетӗп. Иртнӗ ҫулта пирӗн шкул 430 тенкӗлӗх ҫӗнӗ кӗнекесем туянчӗ, ку вӑл вулакансен шутне татах та нумай ӳстерме май пачӗ.

5-мӗш класран пуҫласа 7-мӗш класран вӗренсе тухиччен кашни ача килте мӗнле кӗнекесем вуланине уйрӑммӑн шута илсе пыни мана тӑван чӗлхепе литератури тӗплӗн вӗрентме пулӑшать. Кашни вӗренекене тетрадь ҫине учета илсе пыма ҫак ыйтусене ҫыртаратӑп: хӑш класра вӗреннӗ чух вуланӑ; вуланӑ кӗнекен ячӗ, кӗнеке авторӗ, вуланӑ кӗнеке мӗн енчен кӑмӑла кайрӗ?

Эпӗ хам та кашни ачан килте мӗн вуланине уйрӑм карточкӑсемпе учета илсе пыратӑп. Учет туни вӑл ачасене те, учителе те вӑхӑт режимне пурнӑҫласа ӗҫлеме хӑнӑхтарать.

Ачасене кӗнекене юратма вӗрентес ӗҫре вулакансен конференцийӗсене ирттерни нумай пулӑшать. Эпир ҫулсеренех ҫав конференцисене 3—4 хутчен ирттеретпӗр, вӗсем яланах пысӑк активлӑхпа иртеҫҫӗ.

Ачасем хӑйсем вуланӑ кӗнекесем ҫинчен пӗр-пӗрне каласа параҫҫӗ. Акӑ, Петр Митрофанова илер. Вӑл виҫӗмҫул ҫирӗм икӗ кӗнеке вуларӗ, пӗлтӗр ҫирӗм пӗр кӗнеке вуласа тухма ӗлкӗрчӗ. Митрофанов хӑй вуланӑ кӗнекесем ҫинчен юлташӗсене тӑтӑшах каласа парать, вӗсемпе мӗнле кӗнекесем вуламалли ҫинчен канашлать. Кӑҫал вӑл А. Талвир ҫырнӑ «Манӑн завод» ятлӑ кӗнекене вуласа тухрӗ. Ҫак кӗнекене вуласа тухнӑ хыҫҫӑн ӑна хӑй заводра ҫӳренӗ пекех туйӑннӑ. Пуринчен ытла ӑна заводри ҫамрӑк слесарь Миша Убасников кӑмӑла кайнӑ.

Пӗр конференцире ачасем вуланӑ кӗнекенсенче мӗнле вырӑнсем кӑмӑла кайни ҫинчен, кӗнекесене епле тыткаламалли ҫинчен каларӗҫ.

Ачасем тухса каланӑ хыҫҫӑн кӗнеке усси ҫинчен, пирӗн аслӑ ҫулпуҫсем Ленинпа Сталин кӗнекесене епле юратса вулани ҫинчен хам каласа патӑм.

Юлашкинчен вара литература вӑййисем ирттертӗмӗр.

Акӑ VI-мӗш класра вӗренекен Василий Елимов ачасем умне тухать те И. Ивник ҫырнӑ «Хӗвелӗмӗр Сталин» сӑвва пăхмасӑр калама пуҫлать:

Пурӑнмашкӑн пурнӑҫ тулӑх,
Юрлама та пит аван.
Советсен ҫӗршывӗ тӑрӑх
Кайтӑр юрӑ;
Юрӑ кайтӑр ян та ян!

Унтан вӑл ҫак сӑвва малалла калас текенсене чӗнет. Калас текенсем темӗн чухлех алӑ ҫӗклеҫҫӗ, вара вӗсенчен пӗри сӑвва малалла калать.

Ҫакӑн пек викторина вӑййисем пӗр 20—30 минута пыраҫҫӗ.

Ачасене илемлӗ литературӑна юратма вӗрентес енӗпе шкулти литература кружокӗ те пысӑк вӑй хурса ӗҫлет. Кружок занятийӗсем кашни уйӑхрах икшер пулса пыраҫҫӗ, ачасем хӑйсен творчествине алӑпа ҫырса кӑларакан журналра ҫутатса тӑраҫҫӗ.

Учитель ӗҫӗ — пысӑк та чыслӑ ӗҫ. Ачасене коммунизмла воспитани парас ӗҫре пирӗн пур майсемпе те ӗҫлемелле, ҫав майсенчен пӗри—илемлӗ литература кӗнеки пулнине яланах асра тытмалла.

**В. С. АНТОНОВ,**
Чӑваш АССР шкулӗсен тава тивӗҫлӗ учителӗ.

Первомайски районӗ,
Ҫӗньялти ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкул.

## Акула

**(Юптару)**

Пурӑннӑ пӗр тинӗсре Акула.
Сӑткӑн пулнӑ вӑл: унран
Канӑҫ кураймаи вак пулӑ,
Шултрисем те хушӑран.
— Эп хуҫа! — мухтаннӑ вӑл
мӑнаҫлӑн, —
Хӑть шывра, хӑть ҫӗр ҫинче
Эпӗ пуринчен те аслӑ! —
Иртнӗ вӑхӑт. Ак пӗррехинче
Тинӗс шавласа хумсем кӑларнӑ,
Самантрах Акула умӗнче
Улӑпла чул ту ӳссе хӑпарнӑ.
— Кам мана пуҫтахланма чарать! —
Тет хайскер урса кайса, вара
Ыткӑнать те вӑл чул ту ҫине,
Арканса, путать тинӗс тӗпне.

Эп юлашкинчен ҫакна каласшӑн:
Уолл-стрит акулӗсем ҫапла
Пирӗн Ҫӗршыва хыпса ҫӑтасшӑн.
Ҫук, ҫӑтаймӗҫ! Паттӑр Улӑпла,
Арканми чул ту пек вӑл тӑрать,
Ун ҫутти хӗвел пек ялтӑрать.

**А. КАЛКАН.**

## Колхозсем пӗрлешрӗҫ

Февралӗн 19-мӗшӗнче Елчӗк районӗнчи Аслӑ-Пăла Тимешри Ворошилов ячӗпе тӑракан тата Кушкӑря «КИМ» ялхуҫалӑх артелӗсенчи ӗҫхресченӗсен пӗрлехи пухӑвӗ пулса иртрӗ. Пухура 900 ҫын ытла пулчӗ. Вӗсем пурте, пӗр кӑмӑллӑ пулса, пӗр колхоза пӗрлешес ыйтӑва татса пачӗҫ, кӑҫалхи ҫуракинчен пуҫласа хуҫалӑхри мӗнпур ӗҫсене пӗрле туса пыма йышӑнчӗҫ.

Пӗрлешнӗ колхоза Климент Ефремович Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз, тесе ят пачӗҫ.

Колхоз правленийӗн председателӗ пулса ӗҫлеме Социализмлӑ Ӗҫ Геройне Василий Васильевич Зайцев юлташа суйларӗҫ.

Пуху пӗрлешнӗ колхозсен пӗтӗм вăйне умра тӑракан задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама мобилизацилеме хушса хӑварчӗ.

**Н. МЫШКИН.**

---

Эрхип пичче темшӗн кӑмӑлсӑрланса шухӑша кайнӑ пек пулчӗ. Аллине лашт суллрӗ те, туйипе таклаттарса хӑй ларакан пукан енеелле утрӗ.

— Астурӑм,—пукан патне ҫитсен каллех ҫаврӑнса трибуна енелле васкаса утрӗ.—Астурӑм... Мӗн каламаллине астурӑм. Эпӗ Верана хисеп хӑми ҫине кӗртмине хирӗҫ мар. Вӑт ҫапла. Ятне кӑна ҫырни сахал. Портретне те ҫыпӑҫтарӑр. Портрет айне хисеп хӑми ҫине мӗншӗн кӗртнине ҫырӑр. Унӑн ӗҫӗсем ҫинчен пӗтӗм ҫын пӗлсе савӑнтӑр!—Юлашкинчен, сӑмахӗсен витӗмлӗрех туйӑнччӑр тесе пулас, туйине лашт ҫӗклесе силлерӗ.

Малти ретри пукан ҫинчен йӗтӗн тӑвакансен бригадирӗ Васюханов ҫӗкленчӗ. Васкамасӑр кӑна вӑрӑм-вӑрӑм пуҫса сцена ҫине хӑпарчӗ. Хӗрлӗ сӑрпа сӑрланӑ трибуна умне пырса тӑрсан, икӗ аллипе чавсаланса малалла ӳпӗнчӗ. Ҫинҫе пирки вӑрӑммӑн туйӑнакан мӑйне пӑркаласа залри халӑх ҫине пӑхнӑ вӑхӑтра йӗрӗнӗ пек турӗ, сӑмсине пӑшлаттарса туртрӗ. Вара трук тӳрленсе тӑрса сулахай аллипе трибуна хӗррипчен тытрӗ. Пӗчӗк блокнот тытнӑ сылтӑм аллине малалла тӑсса ярса, хытӑ кӑшкӑрса калаҫма пуҫларӗ.

— Юлташсем! Манӑн бригада кӑҫал никҫан пулман чапа ҫӗнтерӳ турӗ... чаплӑ ҫӗнтерӳ турӗ. Хавасова ҫӗнтерӗвӗ вӑл—пирӗн ҫӗнтерӳ. Йӗтӗн тӑвакансен ҫӗнтерӗвӗ! Кун пек ҫитӗнӳ вӑл пирӗн колхоз историйӗнче никҫан та пулман... Никҫан та пулман. Ӑна эпир турӑмӑр!

— Шӑппӑнрах калаҫ: — асӑрхаттарчӗҫ залра лараканскер.—Хӑххуй мар эпир.

— Кун пек чаплӑ ҫитӗнӳ ҫинчен пӗтӗм тӗнче... пӗтӗм тӗнче пӗлме тивӗҫлӗ! Ҫавӑнпа эпӗ ииепле те хумханмасӑр калаҫма пултараймастӑп. Эпӗ сире, юлташсем, хамӑн бригада ячӗпе... хамӑн бригада ячӗпе, ииес сук тата пысӑкрах тухӑҫлӑ йӗтӗн туса илме сӑмах паратӑп.

Васюханов хӑйӗн сӑмахӗсемпе залри халӑха ура ҫине тӑратса тӑвӑллӑн алӑ ҫуптарасса ӗмӗтленнӗччӗ. Анчах ҫынсем йӑшӑл та тумарӗҫ.

Хавасова звенинчи комсомолка Аля бригадир сӑмахне йӗп ҫинче ларнӑ пек итлерӗ. Унӑн пиҫсе ҫитнӗ улма евӗрлӗ тулли сӑн-пичӗ пӗр хӗрелсе, пӗр шуралса кайрӗ. Куҫӗсем ҫавракаланчӗҫ. Ҫан-ҫурӑмӗ тӑрӑх темӗскер сӑрӑлтатса чупнӑн туйӑнчӗ. Васюханов сывлӑш ҫавӑрса илме чарӑннӑ вӑхӑтра вӑл хӑйне сӑмах пама ыйтса алӑ тӑратрӗ.

— Васюханов кунта йӗтӗн тӑвакансен ҫитӗнӗвне каппайрӗ, — терӗ Аля хӑйне сӑмах парсан—Бригадӑри виҫӗ звенораи иккӗшӗ аран-аран плана тултарчӗҫ. Ҫавӑншӑн мухтанмалла-и? Хавасова ҫитӗнӗвне те хӑй тӑрӑшнипе тунӑ пек кӑтартасшӑн пулчӗ... Эрхип пичче председателе «автомашина памастӑн» тесе критиклерӗ. Ман шутпа, председателе мар, Васюханова ятламалла.

— Тӗрӗс!

— Панӑ машинӑпа удобрени турттарма ямасӑр тӑчӗ вӑл пире!—илтӗнчӗ йӗтӗн бригадинче ӗҫлекенсен сасси.

— Тӗрӗс пулмасӑр... Хӗрсе удобрени хатӗрленӗ вӑхӑтра вӑл ӗҫкӗлле вутӑ турттарма лаша парса пурӑнчӗ, ӗҫкӗсӗр нимӗн те тӑвасшӑн мар,—калаҫнӑҫемӗн ҫивӗчленсе пычӗ Аля чӗлхи.—Хавасова звенинчи ҫынсем кӑҫал виҫӗ ҫуллӑх агрокурсран вӗренсе тухаҫҫӗ. Йӗтӗн тухӑҫне ӳстерме вӗренни пулӑшрӗ пире. Вера Ивановна пек ӗҫленӗ пулсан, ыттисем те йӗтӗн ытларах туса илетчӗҫ. Анчах бригадир унӑн ӗҫӗнчи ҫӗнӗ енӗсене курса хаклама пӗлмерӗ. «Ҫумӑр ҫусан йӗтӗн ахалех вӑйлӑ пулать» тесе ӗҫлекен ҫын ӑҫтан агротехникӑна хаклама пӗлтӗр вӑл. Шӑлмен пирки суккӑр ҫын куҫлӑ ҫынна ҫавӑтнӑ пек ертсе пырать ӗнтӗ вӑл бригадӑна... Тупӑшпа продукци туса илнине кура ӗҫкунӗ тӑрӑх валеҫмелле. Ҫапла хушать закон. Васюханов мӗнпур звеносен йӗтӗн вӑррине пӗрлештерсе ярса прогрессивлӑ йӗркепе тӳлессине пӗтерме тата хӑй звеносене пӗр пек ертсе пыма пӗлменнине пытарма шутларӗ... Председатель пурне те астуса тӑма ӗлкӗреймест. Бригадир ӗҫе хӑй пӗлсе йӗркелесе пыракан ҫын пулмалла. Пире пурнӑҫран юлнӑ бригадир кирлӗ мар. Эпир Васюханова бригадиртан кӑларса, ун вырӑнне Хавасовӑна уйӑрма ыйтатпӑр... Ялхуҫалӑх наукине пӗлекен опытлӑ ҫынсене сулпарӑр! Унсӑрӑн эпир хамӑрӑн пӗлӳпе ӗҫре усӑ кураймастпӑр. Вӗренни харама каять!

Пухури ҫынсем алӑ ҫупма пуҫларӗҫ. Аля ҫавах чарӑнса тӑмарӗ, малалла каларӗ.

— Эсӗ кунта пирӗн ятпа йӗтӗн тухӑҫне ӳстерме сӑмах патӑн,—ҫынсем алӑ ҫупнӑ вӑхӑтра пуҫне чиксе блокнот ҫине пӑхнӑ пек туса ларакан Васюханов енелле тӗллесе кӑтартрӗ Аля. Аля хӑйӗн ҫине пӳрнепе тӗллесе тӑнине куҫ хӳрипе кӑна пӑхса илчӗ пулсан та, бригадирӑн ӗнсипе хӑлха ҫунанчӗсем хӑмач пек хӗрелсе пӗҫерме пуҫларӗҫ. «Епле касать. Эпӗ ӑна сынпа хирӗҫ тӑрса калаҫма вӑтанать пулӗ тенӗ»,—шухӑшларӗ вӑл хӑйӗн ӑшӗнче. Текех вӑл Аля енелле пӑхмарӗ. Ҫавах тӗллесе тӑракан пӳрне куҫ умӗнчен кайма пӗлмерӗ, пуҫ тӳпинчен тӗртсе аялалла пӗшкӗртнӗ ҫемӗн пӗшкӗртнӗн туйӑнчӗ.—Пуху умӗнче сӑмах парасси ҫинчен малтан пирӗнпе калаҫнӑ-и эсӗ? Ҫук, калаҫса таталман! Ху тӗллӗн, ҫынсемпе канашламасӑр, мухтанас килнӗрен кӑна каларӑн вӗт эсӗ вӑл сӑмахсене! Эпир тухӑҫлӑ йӗтӗн туса илесси ҫинчен кӑна мар, йӗтӗн акакан ҫӗр лаптӑкне ӳстересси ҫинчен те шухӑшлатпӑр.—Аля трибуна патӗнчен ансан Васюханов умне пырса тӑчӗ.—А эсӗ ун ҫинчен аса та илместӗн!

Пухури ҫынсем шӑпланса Аля тата мӗн каласса кӗтме пуҫларӗҫ. Тек вӑл пӗр сӑмах та шарламарӗ. Бригадир ҫине сивӗн пӑхса илсе, зала кӗрекен алӑк патнелле, ҫамрӑксем ларакан вырӑналла, утрӗ. Хӑйӗн вырӑнне ларсанах тантӑшӗсем ун патнелле тайӑлса алӑ пачӗҫ.

— Тахҫанах ҫапла кирлӗ.

— Ҫын ӗҫӗпе чапа тухасшӑн.

— Кадрсене упратпӑр, тесе юрӑхсӑр ҫынна бригадирта ӗҫлеттереҫҫӗ,—пӑшӑлтатса калаҫма пуҫларӗҫ вӗсем.

Пуху председателӗ Хавасовӑна сӑмах пачӗ. Альӑпа унӑн юлташӗсем хӑлхисене тӑратсах, итлеме пуҫларӗҫ.

— Аля хыҫҫӑн мана кунта тухса калаҫма аванах та мар ӗнтӗ. Ҫынсем ман ҫинчен чӑнахах бригадира кӗрешшӗн ҫунать тесе шухӑшлама пултараҫҫӗ. Ҫавах, хамӑн шухӑшӑма каласах килет, — ҫапла пуҫларӗ Вера Ивановна хӑйӗн сӑмахне. Калаҫнӑ хушӑра, трибуна умӗнче ниепле те майлашса тӑма аптӑранӑ евӗрлӗ, пӗрмай хускала-хускала илчӗ.—Шухӑшласа пӑхӑр-ха... Мана хисеп хӑми ҫине кӗртес тени виҫӗрен ирттӗрсе чыслани пулмӗ-ши? Йӗтӗн тухӑҫне эпӗ пӗр пӗччен ӳстермен вӗт-ха. Вӑл звенори ҫынсем тӑрӑшнипе пулнӑ. Чысламаллах пулсан, вӗсене чыслӑр. Темле, юри хисеп хӑми ҫине кӗме тӑрӑшнӑ пекех пулса тухрӗ ӗнтӗ ку капла. Ҫулла ытти звеносене пулӑшаймарӑм, хамӑрӑн участок ҫинче кӑна чакалантӑм. Бригадир та нумай чӑрмантарчӗ те ҫав... Чӑрмантарни ҫинчен правление пӗлтерменшӗн те хама хам каҫарма пултараймастӑп. Пулӑшнӑ пулсан, ытти звеносен йӗтӗнӗ пирӗннинчен те вӑйлӑрах ӳснӗ пулӗччӗ-и тен... Пӗлме ҫук...

— Ан мӗскӗнлен эсӗ...

— Хӑв тума тивӗҫлине ытлашшипех тунӑ. Тата мӗн ыйтмалла санран?

Залран сасӑсем илтӗннӗ вӑхӑтра Вера Ивановна, ҫухалса кайнӑ пек пулса, калаҫма чарӑнчӗ. Президиум енелле пӑхса илчӗ. Президиумра ларакансем Хавасова хӑйсем ҫине пӑхнине халӑха шавлама чарма сӗннӗ пек йӑланчӗҫ пулмалла. Пуху председателӗ ура ҫине тӑрса аллине ҫӳлелле ҫӗклерӗ. Клубра шӑп пулчӗ.

— Малалла калӑр, Вера Ивановна, — терӗ вӑл ҫынсем шӑплансан.

— Колхозӑн тупӑшне ӳстерес килет. Ҫавӑнпа каларӑм-ха эпӗ ку сӑмахсене, — малтанхи пекех лӑпкӑ та усӑ сасӑпа калаҫма пуҫларӗ Хавасова.—Тырӑ вырма тухиччен ирттернӗ пухура ӗҫкунӗсен минимумне тултарасси ҫинчен калани астӑватӑп эпӗ. Пӗлтӗр пирӗн колхозра икӗ тракторпа пӗр комбайн ӗҫлерӗҫ. Кӑҫал МТҪ пӗлтӗрхинчен икӗ хут ытларах пулӑшрӗ. Тракторсемпе комбайнсем халӗ тата нумайрах килчӗҫ. Ӗҫ механизациленсех пырать. Алӑпа тумалли ӗҫ сахалланать. Ара, ҫапла ҫав... Ҫын вырӑнне машина ӗҫлет... Анчах минимум тултарайманнисем, сахалланас вырӑнне, нумайлансах пыраҫҫӗ.

— Йӑнӑш юрӑ юрлатӑн. Минимума чакарма юрамасть!—Аля критикленӗшӗн ҫилленсе Хавасовӑна тавӑрма шутларӗ Васюханов.

— Тен, тӗрӗсех калатӑп? Малтан вӗҫне ҫитиччченех итле эсӗ... Машина нумайланать. Тырпул акса тунӑ ҫӗртен пушанакансене сад пахчи, пахча ҫимӗҫ, йӗтӗн ӳсӗрекен бригадӑсене куҫармалла. Эпир, йӗтӗн тӑвакансем, хамӑрӑн хушӑмӑрта колхозӑн ыранхи кун-ҫулӗ ҫинчен те шухӑшласа пӑхатпӑр. Йӗтӗн тулӑ мар ӗнтӗ, чӑрмавлӑ япала. Ӗҫӗ нумай пулин... Ун вырӑнне йӗтӗн тулӑран тӑвата хут тупӑшлӑрах. Йӗтӗне кӑҫалхинчен икӗ хут ытларах акмалла. Вара йӗтӗн тӑвакансем хӑйсем кӑна колхоз ӳй-хиртен илекен мӗнпур тупӑшӑн виҫӗ пайӗнчен пӗр пайне пама пултараҫҫӗ. Кун ҫумне пахча ҫимӗҫсенчен илекен тупӑша хушӑр...

— Тупӑш та ӳсет, минимума тултарма та пулать.

— Колхоз нушине тырӑ сутса кӑна йӳнеҫтерме те пӑрахӑпӑр.

— Ара, ҫапла ҫав. Йӗтӗн ытларах акса тупӑша ӳстермелле. А эпир хамӑр тӗллӗн нимӗн те тӑвасшӑн мар. Районтан план парасса кӗтсе лармӑ юрататпӑр. Вӑрлӑха та пӗлтӗрхи чухлӗ акмалӑх кӑна тасатса хунӑ. Ытти ҫаплипех япӑхса выртать. Ма тирпейсӗр усрамалла ӗнтӗ ӑна, пур япалана? Хамӑр ытларах акмасан кӳршӗри колхозсене те кирлӗ пулма пултарать вӗт. Пур чухне пунетейле, ҫук чухне святойла пурӑнасшӑн ҫав пирӗн бригадир. Ыранхи ҫинчен шухӑшласа ӗҫлесшӗн мар.

Хавасова кӗсйинчен хӗрлӗ хуплашкаллӑ кӗнеке кӑларчӗ те, ҫӳлелле ҫӗклесе залри ҫынсене кӑтартрӗ.

— Ҫак кӗнекере Сталин юлташ колхоз харпӑрлӑхне пӗтӗм халӑх харпӑрлӑхӗ шайне ҫитиччен аталантарасси ҫинчен те вӗрентет пире. Хула яла лайӑх машинӑсем, таварсем ярса панине пурте юрататпӑр эпир. Кама ҫиес—кине ҫиес, тенӗ пек, каллех Васюханов ҫинчен калам-ха. Лавккара пусма тавар туяннӑ чухне вӑл пӳрнепе те хыпаласа пӑхать, шӑлӗпе те сыртса туртать. Пиҫӗреххине суйлать. Пиҫӗреххине тума йӗтӗн ытларах ӳстерсе сутасси ҫинчен аса та илмест вара хӑй. Пирӗн государство предприятийӗсем валли чӗртавӑр ытларах туса памалла. Аслӑ Сталин вӗрентнине пурнӑҫлас тесен, техникӑллӑ культурӑсем нумайрах акмалла, вӗсен тухӑҫне ӳстерсе таварлӑ продукци ытларах парақан тумалла. Ҫапла шухӑшлатпӑр эпир, йӗтӗн тӑвакансем...

— Ӗҫӳсем те чаплӑ та, ӗмӗтӳсем тата лайӑхрах иккен санӑн, йӑмӑкӑм,—илтӗнчӗ Эрхип пиччен савӑнӑҫлӑ сасси.

**Павел ЩИПЦОВ.**

## Совет Союзӗпе Монголи хушшинче договор тунӑранпа ҫичӗ ҫул тултарнӑ ятпа Улан-Баторта пулнӑ савӑнӑҫлӑ лару

УЛАН-БАТОР, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Монголи халӑхӗ Совет Союзӗпе Монголи Халӑх Республики хушшинче туслӑ пурӑнасси тата пӗр-пӗрне пулӑшасси ҫинчен договор тунӑранпа ҫичӗ ҫул тултарнине савӑнӑҫлӑн паллӑ турӗ. Республика столицине — Улан-Батора Монголи Халӑх Республики тата СССР ялавӗсемпе илемлетнӗ. Пысӑк ҫуртсем ҫинче аслӑ Сталин портречӗсем, Монголи халӑхӗпе Совет халӑхӗ хушшинчи туслӑха ҫирӗплетме чӗнекен плакатсемпе лозунгсем.

Касхине музыкӑпа драма театрӗнче Совет Союзӗпе Монголи хушшинче договор тунӑранпа ҫичӗ ҫул тултарнӑ ятпа Монголирин революциллӗ халӑх партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Улан-Батор хула комитечӗн, Аслӑ Халӑх Хурал Президиумӗн, Монголи Халӑх Республики Министрӗсен Совечӗн, обществӑллӑ организацисемпе Монголи ҫарӗн представителӗсемпе пӗрле, савӑнӑҫлӑ лару пулнӑ. Савӑнӑҫлӑ ларура Совет Союзӗн, Китай Халӑх Республикин, Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин дипломатиллӗ представителӗсем пулнӑ.

Хисеплӗ президиума КПСС Центральнӑй Комитечӗн Аслӑ Сталин ертсе пыракан Президиумӗн членӗсемпе Монголири революциллӗ халӑх партийӗн Цеденбал ертсе пыракан Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗсене суйлаҫҫӗ.

Монголи Халӑх Республикипе Совет Союзӗ хушшинче туслӑ пурӑнасси тата пӗр-пӗрне пулӑшасси ҫинчен договор тунӑранпа ҫичӗ ҫул тултарни ҫинчен премьер-министр заместителӗ, ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Лхамсурун доклад турӗ.

Докладчик Монголи халӑхӗпе совет халӑхӗ хушшинчи ӗмӗрлӗхе пымалли туслӑх ячӗпе, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен гениллӗ ҫулпуҫӗпе Монголи халӑхӗн чи лайӑх тусӗпе учителӗ аслӑ Сталин ячӗпе сывлӑх сунса сӑмах каланине ларура пулнисем тӑвӑллӑн алӑ ҫупса йышӑнаҫҫӗ.

Савӑнӑҫлӑ ларура Совет Союзӗн Монголи Халӑх Республикинчи вӑхӑтлӑх повереннӑйӗ Попов сӑмах тухса каларӗ.

Савӑнӑҫлӑ ларура пулнисем пысӑк ҫӗкленӳпе И. В. Сталин юлташ патне салам яма йышӑнчӗ. Залра: «Сталин юлташа урра!» тесе кӑшкӑрни илтӗнет. Пурте ура ҫине тӑрса аслӑ Сталин ячӗпе хӗрӳллӗн алӑ ҫупаҫҫӗ.

## И. В. Сталин юлташӑн „ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем“ ятлӑ произведенийӗ тӑрӑх Польшӑра теориллӗ конференци уҫӑлнӑ

ВАРШАВА, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Варшавӑра И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ классикӑллӑ произведенийӗ тӑрӑх теориллӗ конференци уҫӑлнӑ. Конференцие Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ҫумӗнчи наука кадрӗсем хатӗрлес тӗлӗшпе ӗҫлекен институт ирттерет.

Конференци ӗҫне наука работникӗсем, наука кадрӗсем хатӗрлекен институтри аспирантсемпе студентсем, аслӑ шкулсенчи, Варшавӑри тата ҫӗршывӑн ытти хулисенчи парти шкулӗсенчи наука работникӗсем, пурӗ 700 ҫынна яхӑн, хутшӑннӑ.

И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ произведенийӗн наукӑна аталантарас ӗҫри пӗлтерӗшӗ ҫинчен Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ҫумӗнчи наука кадрӗсем хатӗрлекен институт ректорӗ З. Модзелевский доклад турӗ.

Асӑннӑ институтӑн политэкономи кафедрин заведующийӗ В. Брус «И. В. Сталин произведенийӗ куҫу тапхӑрӗнчи экономикӑна тӗпчесе пӗлес ӗҫре мӗнле вырӑн йышӑнни ҫинчен» доклад турӗ.

Конференци виҫӗ кун пырать. Унта тата ытти докладсем те пулаҫҫӗ.

## Болгарире И. В. Сталин юлташӑн „ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем“ ятлӑ ӗҫне вӗренекенсене пулӑшма материалсем пичетлесе кӑларнӑ

СОФИЯ, февралӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви ҫапла пӗлтерет: Болгарири Коммунистсен партийӗн издательстви И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ ӗҫне вӗренекенсене пулӑшма брошюра кӑларнӑ. Брошюрӑна ҫак статьясем кӗнӗ: «Пысӑк вӑйлӑ программӑллӑ документ»—И. В. Сталин юлташ КПСС XIX-мӗш съездӗнче каланӑ сӑмах ҫинчен, «Тӗнчери капитализмлӑ рынокра хирӗҫӳсем вӑйланса пыни тата тӗнчери демократиллӗ рынок тӗрекленни» т. ыт. материалсем.

## Прага хулинчи В. И. Ленин музейӗнче

ПРАГА, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Руде право» хаҫат «Владимир Ильич Ленин» музейӗнче ятлӑ статья пичетлесе кӑларнӑ.

Кашни кун, тенӗ статьяра, Прага хулинчи В. И. Ленин музейӗн залӗнче ҫынсем нумай пулаҫҫӗ. Пирӗн халӑх кунта Ленинран вӗренет, этемлӗхӗн аслӑ генийӗн пурнӑҫӗпе паллашать.

Чӑн-чӑн коммунизм шкулӗ пулса тӑракан тата Ленинӑн пурнӑҫлӑ идейисене кӑтартакан музее кашни кун пин ҫын ытла пырса курать.

Музей залӗсенче халӑх уйрӑмах кӑнтӑрла иртсе тӑватӑ сехетрен пуҫласа нумай пулать. Ун чухнӗ унта заводсемпе учрежденисенче ӗҫлекенсем нумай пыраҫҫӗ.

В. И. Ленин музейӗнчен ӗҫҫыннисем яланах савӑнӑҫлӑн тухса каяҫҫӗ, мӗншӗн тесен унта вӗсем ҫӗнӗ вӑй илеҫҫӗ. Музейре пӗр хут кӑна пулни ҫителӗксӗр, теҫҫӗ вӗсем.

Музее пырса куракансем хӑйсем курни-илтни ҫинчен кӗнеке ҫине ҫырса хӑвараҫҫӗ. Акӑ, Юлиус Фучик ячӗпе тӑракан заводри ҫамрӑксен союзӗн членӗсен ячӗпе ҫырса хӑварнисенчен пӗри: «Музейри экспонатсем пире пӗтӗм тӗнчери рабочи класа ирӗке кӑларассишӗн Ленин юлташ пысӑк вӑй хурса паттӑррӑн ӗҫленине кӑтартаҫҫӗ... Пирӗн ҫамрӑксен ҫакӑнти документсенчен малашнехи ӗҫсем валли опытпа вӑй илме кунта пурин те килсе курас пулать».

## Китайра суту-илӳ ӗҫӗ вӑйланни

ПЕКИН, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Халӑх Китайӗ» ятлӑ журнал Китай Халӑх Республикин суту-илӳ министрӗн заместителӗ Яо И-линь ҫӗнӗ Китайри суту-илӳ ҫинчен ҫырнӑ статьяна пичетлесе кӑларнӑ.

Китайра суту-илӳ, тесе ҫырать автор, хулапа ялта таварсем туса кӑларасси ӳснипе пӗрле вӗҫӗмсӗр вӑйланса пырать. Ҫӗршыври суту-илӗве 1950 ҫулшӑн 100 процент вырӑнне илес пулсан, 1951 ҫулта вӑл 130 процент пулнӑ, 1952 ҫулта вара 170 процента ҫитнӗ. Халӑха тавар сутасси ҫултан-ҫул ӳссе пырать. Иртнӗ ҫул халӑха апат-ҫимӗҫ таварӗсем, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 2,71 хут, пиравӑр—2,45 хут, краҫҫын—2,62 хут, тӑвар 1,52 хут ытларах сутнӑ.

Ҫӗр реформи ирттернӗ хыҫҫӑн хресченсен пурнӑҫӗ чылай лайӑхланнине палӑртса, Яо И-линь ҫапла ҫырать: хресченсем тавар илесси пӗрмай ӳссе пыни промышленность продукцийӗсем сутмалли рынока тӑтӑш сарса пымалли шанӑҫ пулса тӑрать.

Вак халӑхсем пурӑнакан районсенче суту-илӳ аталанни ҫинчен каласа, автор ҫакна палӑртать: ҫак районсенче суту-илӳ вӑйланни производствӑна аслӑлатма, ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатма тата Китай халӑхӗн пӗрлӗхне тӗреклетме пулӑшрӗ.

Тавар хакӗсем стабилизациленни, хулапа ял хушшинче, ҫӗршывӑн тӗрлӗ районӗсем хушшинче суту-илӳ анлӑн аталанни, ҫавӑн пекех тата государство предприятийӗсемпе уйрӑм харпӑрлӑхлӑ суту-илӳ предприятийӗсем хушшинчи ҫыхӑнусене йӗркелесе пыни, тесе ҫырать юлашкинчен Яо И-линь, тӑтӑш вӑйланса пыракан шалти рынока аталантарма пулӑшрӗҫ.

## *Албанире цитрус йывӑҫҫисем ҫитӗнтерни*

ТИРАНА, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Албани ҫанталӑкӗ цитрус йывӑҫҫисем (лимон, апельсин, мандарин тата ытти те) ҫитӗнтерме лайӑх. Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӑрӑх, цитрус йывӑҫҫисен ҫимӗҫне, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 3,5 хут ытларах туса илме палӑртнӑ.

Хальхи вӑхӑтра хресченсем ҫамрӑк цитрус йывӑҫҫисем лартаҫҫӗ. Ялхуҫалӑх учрежденийӗсем хресченсене ку ӗҫре пысӑк пулӑшу параҫҫӗ.

Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӑрӑх цитрус йывӑҫҫисене ҫӗршывӑн шалти тата ҫурҫӗрти районӗсене сарма палӑртнӑ. Ялхуҫалӑхӗн наукӑпа тӗпчев институчӗ, Мичурин вӗрентӗвӗ тӑрӑх ӗҫлесе, пилӗкҫуллӑхӑн ҫак задачине пурнӑҫлас тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем туса ирттерет.

1955 ҫул вӗҫне, 1938 ҫулхипе танлаштарсан, цитрус йывӑҫҫисен шучӗ 6,5 хут ӳсет.

## Чехословакире ҫуракине хатӗрленни

ПРАГА, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословакире кашни кун ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ районсем ҫуракине тытӑнаҫҫӗ. Паян хаҫатсем Устец облаҫӗнче пилӗк район тулӑ акни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Ҫураки Моравипе Словакин кӑнтӑр пайӗсенче те пуҫланнӑ.

Ҫуракине тытӑнса, ялхуҫалӑх механизаторӗсемпе пӗрлӗхлӗ ялхуҫалӑх кооперативӗсен членӗсем ҫуракине кӗске срокра тата агротехника тӗлӗшӗнчен лайӑх ирттерме обязательствӑсем йышӑнаҫҫӗ.



ЛИ СУН НИМ—
Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Геройӗ, медицина сестри—старши лейтенант.

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх Ҫарӗпе Китай Халӑх добровольцӗсен соединенийӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсен ҫарӗсене хирӗҫ оборонӑра тӑрса ҫапӑҫнӑ.

Зенитнӑй чаҫсем тата тӑшман самолечӗсене хирӗҫ кӗрешекен салтаксем Хамхын тата Ковонь районӗсенче тӑшманӑн 7 самолетне персе ӳкернӗ.

### Корея халӑхӗ Америка ҫынвӗлеренӗсене питлет

ПХЕНЬЯН, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин халӑхӗ Корейӑри Пӗрлӗхлӗ демократиллӗ отечественнӑй фронтӑн Центральнӑй Комитечӗн Америка агрессорӗсемпе Ли Сын Ман ҫыннисем Корея халӑхне хирӗҫ тунӑ тискер ӗҫсене тата Корейӑна сиен кӳнине тӗпчесе пӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссийӗн пиллӗкмӗш пӗлтерӗвӗ пирки хӑйӗн шухӑш-кӑмӑлне палӑртать. Республикӑри предприятисенче, учрежденисенче, шкулсенче Америка авиацийӗ Ҫурҫӗр Корейӑри мирлӗ хуласемпе ялсем ҫине тискеррӗн тапӑннине хирӗҫ, мирлӗ халӑха вӗлерсе пӗтернине хирӗҫ протестлесе митингсемпе пухусем пулса иртеҫҫӗ. Митингсенче тухса калакансем Америка ҫынвӗлеренӗсене намӑслантарса питлеҫҫӗ.

Пӗр предприятире пулса иртнӗ митингра производствӑра малта пыракан Ли Ин Гу ҫапла каланӑ: «Американецсем мирлӗ Корея халӑхне тискеррӗн вӗлерсе пӗтерни пирӗн тарӑхӑва вӑйлатать кӑна тата пире тӑтӑклӑ ҫӗнтерӳ тӑвиччен кӗрешме ҫӗклентерет. Эпир ҫапла калатпӑр: пирӗн Корея ҫӗрӗ ҫинче тунӑ мӗнпур тискер ӗҫсемшӗн айӑплисем ответ тытмалла тата вӗсене тивӗҫлипе айӑпламалла».

Хванхэ провинцийӗнчи Бонсан уездӗнчи Обонри ялӗнчи хресчен Пак Чхоп Гым ҫапла каланӑ: «Корея халӑхӗ ирӗклӗхпе хӑйӗн тӑван ҫӗршывӗн никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн кӗрешет. Пирӗн кӗрешӳ—тӗрӗслӗхлӗ кӗрешӳ. Америка ирсӗрӗсем пире кирек мӗнпе хӑратма пӑхсан та эпир пурпӗрех ҫӗнтеретпӗр.

Нумаях пулмасть кунта Америка агрессорӗсем ҫӗнӗрен тискер ӗҫсем туни паллӑ пулнӑ. Ҫак кунсенче, Пхеньян ҫине тапӑннӑ чухне, тесе кӑтартса парать «Ҫӗнӗ Корея» журнал, Ли Поп Ха директор пулса ӗҫлекен халӑх шкулне ҫӗмӗрсе тӑкнӑ. Шкулта вӗренекен 82 ача ҫурт айне пулса вилнӗ.

### КОРЕЯ ПАТРИОЧӖСЕН СЫХӐЛАХӖ

ПХЕНЬЯН, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Корейӑра агрессиллӗ ӗҫсене вӑйлатма хатӗрленсе, Америка интервенчӗсем халӑх ҫарӗсен тылне шпионсемпе диверсантсем нумай яраҫҫӗ. Корейӑри Тӗп телеграф агентстви ҫапла пӗлтерет: Корея халӑхӗ сыхӑлӑхпа патриотизма ӳстерсе пырать, тӑшмансене тӑрӑ шыв ҫине кӑларать, вӗсене тытса власть органӗсен аллине парать. Тӑшман агентурине хирӗҫ кӗрешсе ҫитӗнӳсем тунӑшӑн Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин орденӗсемпе тата медалӗсемпе 2.031 ҫынна наградӑланӑ тата 5.582 ҫынна премисем панӑ.

### АМЕРИКА ИНТЕРВЕНЧӖСЕН КОРЕЙӐРИ ҪАРӖСЕМ АРКАНСА ПЫНИ

ПХЕНЬЯН, февралӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Агрессорсен Корея фронтӗнчи ҫарӗсем поражени тӳсни тата салтаксем вӑрҫа кӑмӑлламанни тӑшман салтакӗсемпе офицерӗсем хушшинче тыткӑна паракансен йышӗ хӑвӑрт ӳсесси патне илсе пырать. Корейӑри Тӗп телеграф агентстви Хӗвелтухӑҫри фронтран пӗлтернӗ тӑрӑх, февралӗн малтанхи икӗ эрни хушшинче, январь уйӑхӗнчипе танлаштарсан, тӑшманӑн хӑйсен ирӗкӗпе тыткӑна паракан салтакӗсемпе офицерӗсен шучӗ сакӑр хут ӳснӗ.

### СУТУ-ИЛӲ КИЛӖШӖВӖ

ВАРШАВА, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Варшавӑра Польшӑпа Исланди хушшинче 1953 ҫул валли тавар ҫаврӑнӑшӗ ҫинчен протокол йышӑнса алӑ пуснӑ.

Польша Исландие пусма тавар, ҫӗр кӑмрӑкӗ тата ытти таварсем тӑратать, Исландирен сельдь, пулӑ ҫӑнӑхӗ тата ытти таварсем кӳрсе килет.

## Бонра тата Парижра алӑ пуснӑ договора хирӗҫ

БЕРЛИН, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Бонн правительстви Бонн тата Париж хулисенче алӑ пуснӑ ҫар договорӗсене ратификацилеме хатӗрленнине хирӗҫ тӑрасси юлашки кунсенче пӗтӗм Хӗвеланӑҫ Германире ҫӗнӗ хӑватпа вӑйланать.

Берлинра тухакан демократиллӗ хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Бремен хулинче пысӑк митинг пулнӑ, унта Бонн правительстви ҫар договорӗсене ратификацилеме хатӗрленнине хирӗҫлесе резолюци йышӑннӑ.

Бонн правительствин шалти ӗҫсен министрӗ пулнӑ доктор Хейнеман тата бундестаг депутачӗ Боденштейнер Хӗвелтухӑҫпе Хӗвеланӑҫ хушшинче халех калаҫусем пуҫласа яма, ҫар договорӗсем ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парас ӗҫе халӑха хутшӑнтарма ыйтаҫҫӗ.

Гамбург хулинчи ҫамрӑк рабочисем Бонн хулине делегаци янӑ. Вӗсем унта Бонн бундестагӗн депутачӗсенчен Демократиллӗ Германи Республикин Халӑх палати панӑ сӗнӳсем ҫине халех ответ пама ыйтаҫҫӗ. Ҫак делегаци ҫавӑн пекех тата Бонн влаҫӗсем ҫамрӑксене ҫара илмелле тунине хирӗҫ протест парать.

РИМ, февралӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Февралӗн 25-мӗшӗнче депутатсен палатин ятарласа уйӑрнӑ комиссийӗн черетлӗ ларӑвӗ пулнӑ. Унта «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» тенӗскерне тӑвасси ҫинчен тунӑ договора сӳтсе явнӑ.

Коммунист-депутат Джан Карло Пайетта ҫапла каланӑ: ҫак договорӑн малтанхи текстӗ тӑрӑх дискусси ирттерме май ҫук, мӗншӗн тесен, Франци сӗннипе ҫӗнӗрен хушса ҫырнӑ протоколсем договорӑн пӗлтерӗшне улӑштараҫҫӗ. «Пӗрлешӗвӗ» США хушнӑ тӑрӑх Хӗвеланӑҫ Германие хӗҫпӑшаллантарассине хӑвӑртлатас шутпа тата Хӗвеланӑҫ Европӑра ҫар тӗлӗшӗнчен те, политикӑпа экономика тӗлӗшӗнчен те США пуҫ пулса тӑмалла тӑвас тӗлӗшпе кӑна тӑваҫҫӗ, тенӗ Пайетта.

## Дюссельдорфра фашистсем тискер ӗҫ тунӑ

БЕРЛИН, февралӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). АДН агентствин корреспонденчӗ фашистсем Дюссельдорфра тискер ӗҫ туни ҫинчен пӗлтерет. Февралӗн 24-мӗшӗнче Ҫурҫӗр Рейн-Вестфали ҫӗрӗн ландтагӗнчи коммунистсен фракцийӗн ҫуртне Эрнст Шредер текен этем пырса кӗнӗ. Вӑл Германири Коммунистсен партийӗн пӗрремӗш председательне Макс Реймана тата Германири Коммунистсен партийӗн Ҫурҫӗр Рейн-Вестфалири правленийӗн пӗрремӗш секретарьне Иозеф Ледвона вӗлерессипе хӑратнӑ. Шредер кастетпа юнанӑ. Ҫурҫӗр Рейн-Вестфали ҫӗрӗнчи ландтаг председательне Гокельна ҫакӑн ҫинчен ҫийӗнчех пӗлтернӗ пулсан та, вӑл нимӗнле мера та йышӑнман. Чӗнсе илнӗ полицейскисем Шредертан кастета туртса илнипех лӑпланнӑ. Вӑл кам пулнине пӗлнӗ хыҫҫӑн ӑна ирӗке кӑларнӑ.

Ландтаг ларӑвӗнче Германири Коммунистсен партийӗн членӗ депутат Герцнер тухса каланӑ. Вӑл ландтаг президиумӗн халӑх представителӗсем валли хӑрушсӑрлӑх туса хурас тӗлӗшпе мӗн тума йышӑнни ҫинчен пӗлтермелле, тенӗ.

## Япони — США ҫар промышленноҫӗн бази

ШАНХАЙ, февралӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Японирен килекен хыпарсем ҫакӑн ҫинчен пӗлтереҫҫӗ: американецсем Японие ытларах та ытларах хӑйсен ҫар бази тата ҫар промышленность арсеналӗ туса хураҫҫӗ.

Ҫак кунсенче Японири радио пӗлтернинчен акӑ мӗн куранать: Америка ҫарӗсен командованийӗ Хоккайдо утравӗ ҫинчи Момбецу районӗпе хӑйӗн яланхи ҫар бази вырӑнне усӑ курма шутлать. Командовани аллинче халӗ те ҫӗршывӑн тӗрлӗ районӗсенче ҫар базисемпе объекчӗсем 612 шутланаҫҫӗ. Ҫак тӗллевпе американецсен 3.400 циобу (пӗр циобу 0,9 гектара яхӑн) ҫӗр туртса илеҫҫӗ, ҫапла вара вырӑнти халӑха ҫӗрсӗр тӑратса хӑвараҫҫӗ.

Ҫакӑнпа пӗрлех США Корейӑна хирӗҫ вӑрҫӑ вӑрҫас тата ытти ҫӗршывсем валли хӗҫпӑшал туса парас тӗлӗшпе те Японипе ҫар промышленность арсеналӗ вырӑнне анлӑн усӑ курать. Нумаях пулмасть тулашри суту-илӳпе промышленность министрӗ Япони парламентӗнче тухса каланӑ чухне: иртнӗ ҫул Япони 780 миллион долларлӑх «специальнӑй» заказсем илнӗ—вӑл заказсем Корейӑри вӑрҫӑ ӗҫӗсемпе ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ пулмалла, тесе пӗлтернӗ.

Кобе радиостанци февралӗн 22-мӗшӗнче пӗлтернӗ тӑрӑх, Америка ҫарӗсен снабжени службы «Кобе сейко» ятлӑ металлурги компанине 105 миллиметрлӑ тупӑсем валли 450 пин снаряд, пурӗ 3.600 миллион иенлӑх, тума сӗннӗ. Ҫурҫӳнне Японири «Накадзима» ятлӑ авиаци компани ӗҫлеме пуҫлать. Ҫакӑ пысӑк компание вӑрҫӑ хыҫҫӑн ӗҫлеме чарӑннӑ ытти 4 компанипе пӗрлештерме палӑртаҫҫӗ.

Ҫав вӑхӑтрах Япони монополийӗсем США пулӑшнипе Кӑнтӑр-Хӗвелтухӑҫ Азири ҫӗршывсем валли хӗҫпӑшалсемпе боеприпассем туса кӑларма контрактсем тӑваҫҫӗ. Вьетнамри вӑрҫӑ валли ҫар материалӗсемпе снаряжени туянма Франци ҫар миссийӗ Японие пырать, тесе пӗлтереҫҫӗ. Ҫар заказӗсем пӗтӗмпе 50 миллион долларлӑх пулаҫҫӗ, тесе шутлаҫҫӗ.

Токиоран пӗлтернӗ тӑрӑх, Японири «Ниппон Сангио» текен пысӑк компани Таиланда пулемет патронӗсем пӗр миллион сутасси ҫинчен калаҫу пуҫланӑ.

## Францири полицин провокацийӗсем

ПАРИЖ, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Се суар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, паян ирхине «Пари-провано-эмпресьон» ятлӑ прогрессивлӑ издательство ҫуртӗнче ухтару пулнӑ. Ухтарӑва полици агенчӗсем тунӑ.

Хаҫат каланӑ тӑрӑх, ҫак издательство ҫуртӗнче юлашки уйӑх хушшинче иккӗмӗш хут ухтару тунӑ ӗнтӗ.

## „Пулӑшу“ ячӗпе витӗнсе пусмӑрлани

ХЕЛЬСИНКИ, февралӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). «Вапаа сана» хаҫат заметка пичетлесе кӑларнӑ. Унта Америка пулӑшӑвӗ тенӗскер мӗне пӗлтернине лайӑх кӑтартса панӑ. Финлянди 1923 ҫулта США-ран 9 миллион доллар кивҫен укҫа илнӗ. Ун чухнехи финн укҫипе танлаштарсан, вӑл 315 миллион маркӑлӑх пулнӑ. Кивҫен илнӗ ҫак укҫашӑн 1952 ҫулхи декабрӗн 31-мӗшӗ тӗлне Финлянди 550 миллион марка тӳленӗ. Апла пулсан та иртнӗ 29 ҫул хушшинче вӑл кивҫен илнӗ укҫаран 260 миллион марка кӑна тӳлесе татнӑ. Унӑн заем укҫи тӳлесе татмалли тата 1.688 миллион марка юлнӑ. Ҫак укҫана татма тата 31 ҫул хушши тӳлесе тӑмалла.

Хаҫат каланӑ тӑрӑх, ҫакӑн пек заемсем пулӑшнипе США питӗ пысӑк услам илет.

## Йӗлтӗрҫӗсен „Коммунизм ялавӗ“ хаҫат парнисене илмелли эстафетӑллӑ ӑмӑртӑвӗн ПОЛОЖЕНИЙӖ

Йӗлтӗрҫӗсен «Коммунизм ялавӗ» хаҫат парнисене илмелли эстафетӑллӑ ӑмӑртӑвне кашни ҫулах ирттереҫҫӗ. Вӑл хӗллехи спорт сезонне вӗҫленӗ ятпа ирттерекен спорт ӑмӑртӑвӗ пулать.

* * *

Йӗлтӗрҫӗсен эстафетӑллӑ ӑмӑртӑвӗ **1953 ҫулхи мартӑн 8-мӗшӗнче**, вырсарникун пулать. Ӑмӑрту Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗ ҫывӑхӗнче (Етӗрне ҫулӗ), иркине 11 сехетре пуҫланать. Ӑмӑртӑва кутшӑнакан йӗлтӗрҫӗсем 10 сехетре Пичет ҫурчӗ патне (Володарски урамӗ, 5-мӗш ҫурт) пухӑнаҫҫӗ.

* * *

Йӗлтӗрҫӗсен эстафетӑллӑ чупӑвне ултӑ ушкӑн тӑрӑх — ирӗклӗ спорт обществисемпе вӗренӳ заведенийӗсен, вырӑнсенчи физкультура коллективӗсен (тӗрлӗ учрежденисемпе организацисенчи физкультурниксемпе физкультурницӑсем), ҫамрӑксемпе хӗрсен, арҫын ачасемпе хӗрачасен командисем тӑрӑх ирттереҫҫӗ. Йӗлтӗрҫӗсен командисенче Шупашкарта пурӑнакан физкультурниксемпе физкультурницӑсем пулмалла.

* * *

Стартпа финиш Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗн ҫурчӗ патӗнче, пӗр вӑхӑтрах виҫӗ вырӑнта (ирӗклӗ спорт обществисемпе вӗренӳ заведенийӗсен тата вырӑнсенчи коллективсен, ҫамрӑксемпе хӗрсен, арҫын ачасемпе хӗрачасен командисем тӑрӑх) пулаҫҫӗ.

* * *

Командӑсенче йӗлтӗрҫӗсен йышӗ ҫакӑн чухлӗ пулмалла: спорт обществисемпе вӗренӳ заведенийӗсен ушкӑнӗ тӑрӑх 10-шар ҫын (5 арҫын тата 5 хӗрарӑм), иккӗмӗш ушкӑнра (3 арҫын тата 2 хӗрарӑм), ытти тӑватӑ ушкӑнри командӑсем 5-шер ҫынтан тӑмалла.

Ултӑ ушкӑн тӑрӑх та старт пӗр вӑхӑтра параҫҫӗ (пӗрремӗшпе иккӗмӗш ушкӑнсенчи командӑсем енӗпе пӗрремӗш этапа хӗрарӑмсем, иккӗмӗшне — арҫынсем каяҫҫӗ т. ыт. те.). Дистанцисене ҫакӑн пек турӑ: арҫынсемпе ҫамрӑксен — 5-шер километр, хӗрарӑмсемпе хӗрсен 3-шер километр, арҫын ачасен—2-шер километр, хӗрачасен пӗрер километр ӑмӑртса чупмалла.

* * *

Пӗтӗм дистанцие хӑвӑртрах чупса тухнӑ команда мала тухнӑ тесе шутланать.

* * *

Мала тухнӑ пӗрремӗш ушкӑнри командӑна куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялав параҫҫӗ, ытти ушкӑнсенчи мала тухнӑ командӑсене куҫса ҫӳрекен вымпелсемпе парнелеҫҫӗ.

* * *

Йӗлтӗрҫӗсен эстафетӑллӑ ӑмӑртӑвне хутшӑнма ыйтса ҫырнӑ заявкӑсене (вӗсене врач ҫирӗплетмелле) хулари физкультурӑпа спорт комитетне 1953 ҫулхи мартӑн 6-мӗшӗнчен кая юлмасӑр тӑратмалла.

**Асӑрхаттарни:** йӗлтӗрҫӗсен эстафетӑллӑ ӑмӑртӑвне ирттересси ҫыхӑннӑ ыйтусене 14—46 номерлӗ телефонпа ыйтса пӗлме пулать.

**Йӗлтӗрҫӗсен «Коммунизм ялавӗ» хаҫат парнисене илмелли эстафетӑллӑ чупӑвне ирттерес тӗлӗшпе ӗҫлекен оргкомитет.**

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

## *ТЕАТРСЕНЧЕ*

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ— Мартӑн 1-мӗшӗнче вырӑсла спектакль «НЕВОЛЬНИЦЫ». Спектакльсем 12 сехетре тата 20 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

ҪАМРӐКСЕН ТЕАТРӖНЧЕ (пионерсен ҫурчӗ) — мартӑн 1-мӗшӗнче «ВСАДНИК, СКАЧУЩИЙ ВПЕРЕДИ». Спектакльсем 14 тата 20 сехетре пуҫланаҫҫӗ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

ИТ 01021 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.